ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Март 6
ЭРНЕКУН
№ 46 (8955)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Мартăн 5-мĕшĕнче каçхине 9 сехет те 50 минутра, йывăр чирлесе выртнă хыççăн, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилсе кайнă.**

**Сталинăн вилĕмсĕр ячĕ совет халăхĕпе пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн чĕринче яланах пурăнĕ.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен, ССР Союзĕн Министрĕсен Советĕнчен тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕнчен

*Партин мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене*

Хаклă юлташсемпе туссем!

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, пĕтĕм чун-чĕререн хурланса, партие тата Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене çакăн çинчен пĕлтереççĕ: мартăн 5-мĕшĕнче каçхине 9 сехет те 50 минутра, йывăр чирлесе выртнă хыççăн, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович СТАЛИН вилсе кайрĕ.

Ленин соратникĕн тата унăн ĕçне гениилле малалла туса пыраканĕн, Коммунистсен Партийĕпе Совет халăхĕн ăслă-ран та ăслă çулпуçĕн, учителĕн — Иосиф Виссарионович СТАЛИНАН чĕри тапма чарăнчĕ.

СТАЛИН ячĕ—пирĕн партишĕн, совет халăхĕшĕн, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисемшĕн калама çук хаклă.

Ленинпа пĕрле СТАЛИН юлташ Коммунистсен хăватлă партине туса çитĕнтернĕ, ăна вĕрентсе пиçĕхтернĕ; Ленинпа пĕрле СТАЛИН юлташ Октябрьти Социализмлă Аслă Революцие хавхалантараканĕ тата унăн çулпуçĕ пулнă, тĕнчери пĕрремĕш социализмла государствăн никĕсне хываканĕ пулнă. Ленинăн вилĕмсĕр ĕçне малалла туса пырса, СТАЛИН юлташ совет халăхне пирĕн çĕршывăн пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерĕвĕ патне, социализм çĕнтерĕвĕ патне илсе çитерчĕ. СТАЛИН юлташ ертсе пынипе пирĕн çĕршыв иккĕмĕш тĕнче вăрçинче фашизма çĕнтерчĕ, çакă вара тĕнчери пĕтĕм ларутăрăва тĕпренех улăштарчĕ. СТАЛИН юлташ партие тата пĕтĕм халăха ССР Союзĕнче коммунизм тумалли аслă та уçăмлă программăпа хĕçпăшаллантарчĕ.

Коммунизмăн аслă ĕçне чун-чĕререн парăнса, уншăн хăйĕн пĕтĕм пурнăçне панă СТАЛИН юлташ вилни партишĕн, Совет Çĕршывĕнчи тата пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисемшĕн пысăкран та пысăк йывăр çухату пулса тăрать.

СТАЛИН юлташ вилни çинчен пĕлтерни пирĕн Тăван çĕршыври рабочисен, колхозниксен, интеллигентсен тата мĕнпур ĕççыннисен чĕрине, пирĕн паттăр Çарăн тата Тинĕс-Çар Флочĕн воинĕсен чĕрине, тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи миллионшар ĕççыннисен чĕрине хытă ыраттарать.

Çак хурлăхлă кунсенче пирĕн çĕршыври пур халăхсем те, Ленинпа Сталин туса вĕрентсе çитĕнтернĕ Коммунистсен партийĕ шанчăклăн ертсе пынипе, аслă тăванла çемьере татах та тачăрах пĕтĕçеççĕ.

Совет халăхĕ хăйĕн тăван Коммунистсен партине вĕçĕ-хĕррисĕр шанса тăрать тата хĕрӳллĕн юратать, мĕншĕн тесен вăл пирĕн партин пĕтĕм ĕçĕнчи чи аслă закон—халăх интересĕсемшĕн ĕçлесси пулнине пĕлсе тăрать.

Рабочисем, колхозниксем, совет интеллигенчĕсем, пирĕн çĕршыври мĕнпур ĕççыннисем пирĕн парти политикине пĕр пăркаланмасăр пăхăнса ĕçлеççĕ, çав политика ĕççыннисен пурнăçри тĕп интересĕсене хӳтĕлет, пирĕн социализмла Тăван çĕршывăн хăватне малалла тĕреклетессишĕн тăрать. Коммунистсен партийĕн çав политики тĕрĕс пулнине вуншар çулхи кĕрешӳре тĕрĕсленĕ, вăл Совет çĕршывĕнчи ĕççыннисене социализмăн историллĕ çĕнтерĕвĕсем патне илсе çитерчĕ. Çак политикăпа хавхаланса, Совет Союзĕнчи халăхсем парти ертсе пынипе хамăр çĕршывра коммунизм тăвас ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсем патне малалла çирĕппĕн утаççĕ.

Пирĕн çĕршыври ĕççыннисем çакна лайăх пĕлсе тăраççĕ: халăхăн мĕнпур сийĕсен—рабочисен, колхозниксен, интеллигентсен—материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатассишĕн, пĕтĕм обществăн пĕрмаях ӳссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене çителĕклипех тивĕçтерессишĕн Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви ялан уйрăммăнах тăрăшнă тата тăрăшаççĕ те.

Совет халăхĕ çакна пĕлсе тăрать: Совет государствин оборона пултарулăхĕпе хăвачĕ ӳссе тĕрекленсе пыраççĕ, кирек хăш агрессора та тĕпренех аркатса тăкма хамăр хатĕр пулассине яланах ӳстерсе пырас тесе, парти Совет Çарне, Тинĕс-Çар Флотне тата разведка органĕсене пур майсемпе те тĕреклетсе пырать.

Коммунистсен партийĕпе Совет Союзĕн Правительствин тулашри политики вăл—мире сыхласа хăварса çирĕплетес политика, çĕнĕ вăрçа хатĕрлесе пуçарса яма хăтланнисене хирĕç кĕрешес çирĕп политика, тĕнчери мĕнпур çĕршывсемпе хутшăнса, вĕсемпе ĕçлĕ çыхăну тытассине аталантарса пырас политика пулнă тата пулать те.

Пролетариллĕ интернационализм ялавне тӳррĕн тытса пырса, Совет Союзĕнчи халăхсем аслă Китай халăхĕпе, халăх демократиллĕ мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисемпе тăванла туслă пурăнассине, капитализмла çĕршывсемпе колониллĕ çĕршывсенчи мир ĕçĕшĕн, демократишĕн тата социализмшăн кĕрешекен ĕççыннисемпе туслă çыхăну тытассине тĕреклетсе тата аталантарса пыраççĕ.

Хаклă юлташсемпе туссем!

Коммунизм туса çитерессишĕн пыракан кĕрешӳре совет халăхне çул кăтартса ертсе пыракан аслă вăй вăл—пирĕн Коммунистсен партийĕ пулса тăрать. Парти ретчĕсен хурçă пек çирĕп пĕрлĕхĕ, тачăран та тачă пĕтĕçсе тăни — партин вăйĕпе хăвачĕн тĕп условийĕ пулать. Пирĕн задача—партин пĕрлĕхне куç шăрçине сыхланă пек сыхласси, коммунистсене парти политикипе унăн решенийĕсене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешекен политикăллă активлă боецсем пулма вĕрентсе пырасси, парти мĕнпур ĕççыннисемпе, рабочисемпе, колхозниксемпе, интеллигенципе çыхăнса тăрассине татах та ытларах çирĕплетесси пулать, мĕншĕн тесен халăхпа çавăн пек тачă çыхăнса тăнинче—пирĕн партин вăйĕ тата никам çĕнтерейми хăвачĕ.

Парти хăйĕн чи кирлĕ задачисенчен пĕри çакă пулать тесе шутлать: коммунистсене тата мĕнпур ĕççыннисене политика енĕпе питех те сыхă пулма, шалти тата тулашри тăшмансене хирĕç ним килĕшмесĕр çирĕп кĕрешме вĕрентсе пымалла.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ, çак хурлăхлă кунсенче партипе халăха чĕнсе каласа, çакна çирĕппĕн шанса тăраççĕ, парти тата пирĕн Тăван çĕршыври мĕнпур ĕççыннисем Центральнăй Комитетпа Совет Правительстви таврă татах та тачăрах пĕтĕçĕç, хăйсен мĕнпур вăйĕпе творчествăллă хăватне хамăр çĕршывра коммунизм туса çитерес аслă ĕçе хурĕç.

**СТАЛИНАН вилĕмсĕр ячĕ совет халăхĕн тата пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн чĕринче яланах пурăнĕ.**

Сывă пултăр Марксăн — Энгельсăн — Ленинăн — Сталинăн пурне те çĕнтерекен аслă вĕрентĕвĕ!

Сывă пултăр пирĕн социализмла хăватлă Тăван çĕршыв!

Сывă пултăр пирĕн паттăр совет халăхĕ!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен аслă партийĕ!

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔ.

ССР СОЮЗĔН МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ.

ССР СОЮЗĔН ВЕРХОВНĂЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМĔ.

1953 çулхи мартăн 5-мĕшĕ.



## И. В. Сталин чирĕпе вилĕмĕ çинчен медицина енĕпе пĕлтерни

Мартăн иккĕмĕшĕ умĕнхи çĕрле И. В. Сталинăн пуç мимине (унăн сулахай çур пайне) гипертони чирĕпе атеросклероз пулнă пирки юн кайнă. Çавăн пирки унăн ӳчĕн сылтăм пайне паралич пулнă тата унăн тăн çухалнă. Чирĕн малтанхи кунĕнчех нервсен центрĕсем пăсăлнă пирки сывласси начарланни палăрнă. Чир кунтан-кун вăйланса пынă, кассăн-кассăн (Чейн-Стоксла) сывланă. Мартăн виççĕмĕш умĕн çĕрле вăхăчĕ-вăхăчĕпе сывласси питех те йывăрланса çитнĕ. Чир пуçланнăран вара чĕрепе сосудсен системи чылай улшăннине палăртнă, юн тапни ӳснине, юн тымарĕ хăвăртрах тапма пуçланине, чĕре тапнин ритмĕ пăсăлнине, чĕре пысăкланнине палăртнă. Сывласси тата юн çӳресси хăвăрт начарланса пынă пирки мартăн виççĕмĕшĕнчех кислород çителĕксĕр пулни палăрнă. Чирĕн малтанхи кунĕнченех температура ӳснĕ, лейкоцитоз нумай пулни палăрма пуçланă, çакă вăл ӳпкесем шыçма пуçланине кăтартма пултарнă.

Чирĕн юлашки кунĕнче, пĕтĕм сывлăхĕ сасартăк начарланнипе, чĕрепе сосудсем ĕçлесси тепĕр хут питех те начарланса çитнĕ (коллапс пулнă). Электрокардиографи енĕпе тĕрĕслесе пăхни чĕрери вĕтĕ юн тымарĕсенче юн çӳресси хытă пăсăлнине тата чĕре мышцисем вырăнĕ-вырăнĕпе пăсăлнине палăртма май панă.

Мартăн пиллĕкмĕшĕнче кăнтăрла иртсен И. В. Сталинăн сывлăхĕ уйрăмах хăвăрт начарланма пуçланă: тарăн сывлайми пулнă, хăвăрт сывлама пуçланă, юн тымарĕ тапасси минутра 140—150 хута çитнĕ, вăйсăр тапма пуçланă.

21 сехет те 50 минутра чĕрепе сосудсем ĕçлесси начарланса çитнипе И. В. Сталин вилсе кайрĕ.

СССР Сывлăх министрĕ А. Ф. ТРЕТЬЯКОВ.
Кремльти Лечсанупр начальникĕ И. И. КУПЕРИН.
СССР Сывлăх министерствин главнăй терапевчĕ профессор П. Е. ЛУКОМСКИЙ.
Медицина Наукисен Академийĕн действительнăй членĕ профессор Н. В. КОНОВАЛОВ.
Медицина Наукисен Академийĕн действительнăй членĕ профессор А. Л. МЯСНИКОВ.
Медицина Наукисен Академийĕн действительнăй членĕ профессор Е. М. ТАРЕЕВ.
Медицина Наукисен Академийĕн член-корреспонденчĕ профессор И. Н. ФИЛИМОНОВ.
Профессор И. С ГЛАЗУНОВ.
Профессор Р. А. ТКАЧЕВ.
Доцент В. И. ИВАНОВ-НЕЗНАМОВ.

### *Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарьне ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИНА пытарассине организацилеме Комисси тăвасси çинчен*

ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕпе Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ çапла йышăннă:

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарьне Иосиф Виссарионович Сталин Генералиссимуса пытарассине организацилеме çак юлташсенчен Комисси тăвас: Н. С. Хрущев (Председатель), Л. М. Каганович, Н. М. Шверник, А. М. Василевский, Н. М. Пегов, П. А. Артемьев, М. А. Яснов.

### *Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарьне ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИНА пытарассине организацилеме уйăрнă Комиссирен*

Иосиф Виссарионович Сталин юлташ ӳтне хунă тупăка Союзсен Çурчĕн Колоннăллă залне вырнаçтарса лартаççĕ.

Союзсен Çурчĕн Колоннăллă залне хăçан кĕртме тытăнасси çинчен уйрăммăн пĕлтереççĕ.

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Партипе хуçалăх активĕн пухăвĕ

Нумаях пулмасть Канашри вагонсем юсакан заводра партипе хуçалăх активĕн пухăвĕ пулчĕ. Унта заводăн 1952 çулхи ĕçĕсем çинчен тата çак çул ума лартнă задачăсем çинчен сÿтсе явнă. Иртнĕ çул завод çĕршыва вагонсемпе ытти тĕрлĕ продукци чылай парса çитерейменĕ. Ĕçре браксем нумай пулчĕç. Пилĕк цех ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана тултараймарĕç. Кустăрмана темĕчĕшĕ тата вагонсем хатĕрлекен цехсем уйрăмах начар ĕçлерĕç.

1953 çулта завод умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ: иртнĕ çулхинчен пысăкрах план панă. Кăçал заводăн продукци хăйне ларакан хакне 9 процент йÿнетмелле, çулталăк хушшинче 3.800 пин тенкĕ тупăш илмелле. Докладчик тата прение тухса калакансем завод кăçал та государство заданине çителĕксĕр пурнăçласа пынине, администраци тата парторганизаци хăйсен ĕçĕсене партин XIX-мĕш съезчĕ хушнă пек çĕнетсе лайăхлатманнине палăртрĕç.

Завод çителĕксĕр ĕçлесе пынă тĕп сăлтавсенчен пĕри вăл—ĕç тата производство дисциплини кирлĕ вырăнта пулманни. Ертсе пыракан хăшпĕр работниксем шанса панă ĕçшĕн ответлă туймаççĕ, планпа производство ĕçне начар организацилеççĕ, оборудовани ĕç вăйĕ ахаль тăнине килĕшсе пурăнаççĕ.

Пухура тухса калакансем кадрсем суйласа илес, вĕсене ĕçе вырнаçтарас тата воспитани парас ыйтусем çинче уйрăмах чарăнса тăчĕç. Кадрсен пайĕн начальникĕ Никифоров юлташ заводра ĕçлеме çынсем илнĕ чухне вĕсен ĕçлеме пултарнине пултарманнине тĕрĕслемест. Мастерсенчен 60 проценчĕ—практиксем мастерсем. Анчах та вĕсенчен нумайăшĕ вĕренмеççĕ, çавна пула пурнăçран юлса пыраççĕ. Кустăрма цехĕн начальникĕ Елисеев, инструментальнăй цех начальникĕ Ежов тата поток мастерĕсем ĕçлес енĕпе ертсе пыма уйрăм Демкинпа Шупышкин юлташсем техника енĕпе хăйсен пĕлĕвне ÿстерсе пымаççĕ. Çамрăк кадрсем вĕрентсе хатĕрлес ĕçе вĕсене ертсе пыракан вырăнсене куçарас енĕпе те çителĕклĕ ĕçлени çук-ха.

Партипе хуçалăх активĕн пухăвĕнче тухса калакансем заводри профсоюз комитечĕн ĕçне (председателĕ Прокопьев юлташ) критиклерĕç. Профсоюз комитечĕ социализмлă ăмăртăва ертсе пымасть, малта пыракансен опытне сармасть. Заводри партбюро тата унăн секретарĕ Колокольнев юлташ завкомĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене вăхăтра уçса палăртас, вĕсене çийĕнчех пĕтересе вырăнне ĕçлеме тăрăшман работниксене хÿтĕлесе пынă.

Газосварщик пулса ĕçлекен Кузьмин тата ытти юлташсем завод администрацийĕ ĕç вăйĕсене механизацилеме çителĕксĕр тăрăшни çинчен каларĕç.

Çапах та пухура критика çителĕксĕр пулчĕ темелле. Докладчик тата прение тухса калакан хăшпĕр юлташсем çитменлĕхсем çинче пĕтĕмпех чарăнса тăчĕç, çав çитменлĕхсем мĕнрен килнине, вĕсемшĕн кам айăплине уçса палăртмарĕç. Цех начальникĕсем Елисеевпа Бессонов юлташсем ĕçри çитменлĕхсемшĕн хăйсен айăпне ыттисем çине йăвантарма пăхрĕç.

Актив пухăвĕ çитменлĕхсене кĕске вăхăтра пĕтерме, заводăн пĕтĕм ĕçне партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем хушнă пек çĕнетсе лайăхлатма йышăнчĕ.

И. МАРКОВ.

## ПОЛИТИКĂЛЛĂ ТАТА ОРГАНИЗАЦИЛЛĔ ĔÇЕ ЛАЙĂХЛАТМАЛЛА

КПСС Комсомольски райкомĕн çак кунсенче пулса иртнĕ черетлĕ пленумĕ райком ĕçĕсем çинчен парти Чăваш обкомĕ йышăннă решенисем çинчен КПСС обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ М. С. Семенов юлташ тунă доклада сÿтсе яврĕ.

— КПСС Чăваш обкомĕ,—терĕ Семенов юлташ,—Комсомольски райкомĕн ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕ. Парти райкомĕ тата пуçламăш парторганизацисем партиллĕ-политикăллă тата партиллĕ-организациллĕ ĕçсене çителтен тата витĕмсĕр туса пынă, çакна пула ялхуçалăхне, промышленноçа тата культура строительствине ертсе пырас ĕçсенче пысăк çитменлĕхсем палăраççĕ.

Парти райкомĕпе ĕççынни депутачĕсен райсовет исполкомĕ тата колхоз правленийĕсемпе пуçламăш парторганизацисем колхозсен обществăлла хуçалăхне малалла аталантарса пырас, колхозсене организацине хуçалăх енчен тĕреклетес енĕпе вырăнти резервсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ. Районти чылай колхозсен тырпул тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ. Çĕрĕç культурине тата тырпул тухăçне ÿстерес енĕпе уйрăмах «Красное Сормово», «Красный маяк» «Светлая жизнь», Хрущев ячĕпе тăракан колхозсем тата çав колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Хăшпĕр колхозсенче тырра халĕ те алăпа акаççĕ, вырăнти тата минераллă удобренисемпе çителĕклĕ усă курмаççĕ. 1952 çулта колхозсем вăтам шутпа кашни гектар çине 9 тонна ытларах кăна тислĕк тăкнă, минераллă удобрени турттарса килмелли плана çуррине кăна тултарнă. Уйрăм колхозсенче сортсăр вăрлăх акаççĕ. Сортлă вăрлăх акмалли плана район 80,4 процент кăна тултарчĕ. Районти 26 колхозран 12 колхозра çеç пусă çаврăнăшне йĕркелесе çитернĕ. Кĕрхи çĕртме тумалли плана чылай колхозсем тултарайман. Çак ĕçре МТС та колхозсене вăхăтра пулăшмасть.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç юлса пырать. Колхозсем государство планне ĕне выльăх енĕпе 96,8 процент, сыснасем енĕпе—90,6 процент, кайăк-кĕшĕк енĕпе—64,4 процент кăна тултарнă. Выльăхсем пăхса усрас ĕçе тивĕçлипе организацилемен. Çакна пула выльăхсем вилни те час-часах пулкалать. Выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçе тивĕçлипе хакламаççĕ.

Парти райкомĕн пленумĕ районта ялхуçалăх артелĕн Уставне пурнăçлассишĕн çителĕксĕр кĕрешнине палăртрĕ. Киров ячĕпе, Ленин ячĕпе тăракан, «Ленинская победа» колхозсенче демократие пăсса ĕçлеççĕ, колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем çитменлĕхсемпе килĕшсе тăраççĕ. «Алга», «Гвардеец», «Заветы Ильича» тата ытти хăшпĕр колхозсенче ĕçкунĕсен минимумне тултарман колхозниксен шучĕ пысăк.

Парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ тата райисполкомăн ялхуçалăх пайĕ МТС ĕçне лайăхлатма çителĕксĕр тăрăшаççĕ. МТС дирекцийĕ хăшпĕр ĕçсем енĕпе колхозсемпе тунă договора кашни çулах пурнăçламасăр хăварать.

Райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕ вырăнти промышленность ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерес ĕç çине те çителĕксĕр пăхнă. Хăшпĕр артельсем тупăшсăр ĕçлеççĕ, начар продукци туса кăлараççĕ. Район вăрман касса хатĕрлес тĕлĕшпе хăй çине илнĕ обязательствăсене вăхăтра пурнăçлаймарĕ.

Район хуçалăхпа культура строительствинче юлса пыни кадрсене вĕрентсе воспитани парас ĕçе çÿлти вырăна лартманнинчен те килет. Парти райкомĕпе пуçламăш парторганизацисем парти вĕренĕвне хакламаннине пĕтермен. Ертсе пыракан работниксем ĕççыннисем хушшинче докладсемпе лекцисем сайра хутра çеç иртереççĕ.

Халăха вĕрентес, халăх сывлăхне сыхлас тата культурăпа сутĕç учрежденийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Физкультурăпа спорт ĕçне тивĕçлипе организацилемен.

Пленум пысăк активлăхпа иртрĕ. Доклад тăрăх 20 çын тухса каларĕ.

Жданов ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ М. Дяткин юлташ райисполкомăн ялхуçалăх пайĕпе Чăваш АССР Ялхуçалăх министерстви тырпул акас енĕпе колхозсене тĕрĕс мар план пани, «Заветы Ильича» колхоз председателĕ П. Петров юлташ—юлса пыракан колхозсем çине КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕ тата унăн ялхуçалăх пайĕ çиелтен пăхни çинчен каларĕç, МТС директорĕ Ф. Малышев юлташ Чăваш АССР Ялхуçалăх министерстви квалификациллĕ кадрсем вĕрентсе хатĕрлес ĕçе тивĕçлипе хакламаннине палăртрĕ.

Пленум КПСС Комсомольски райкомĕн ĕçĕсем çинчен парти обкомĕ йышăннă решение ырласа, ăна çирĕп пурнăçлама, хуçалăхпа культура строительствине вăйлатма, партиллĕ-политикăллă, партиллĕ-организациллĕ ĕçе лайăхлатма йышăнчĕ.

Н. КВАСОВ.

## Тивĕçлĕ критика

КПСС Çĕмĕрле райкомĕн V-мĕш пленумĕ МТС-ри парторганизаци ĕçĕ çинчен парторганизаци секретарĕн Г. Журналов юлташăн докладне сÿтсе яврĕ.

Пленума хатĕрленнĕ май парти райкомĕ МТС ĕçне тĕплĕн тĕрĕсленĕ. МТС-ри парторганизаци парти членĕсемпе кандидачĕсене 32 çынна пĕрлештерсе тăрать. Вăл политикăллă пысăк вăй. Анчах парторганизаци, уйрăмах партбюро, хăйĕн тивĕçлĕ вырăнне йышăнман-ха. Партбюро плансăр ĕçленĕ, рядовой коммунистсенчен уйрăлса кайнă, пурнăç куллен кăларса тăратакан ыйтусене асăрхайми пулнă. Парти пухăвĕсенче, пĕтĕмĕшпе илсен, КПСС райкомĕ сĕнекен ыйтусене кăна сÿтсе явнă. Пухусем критикăсăр иртеççĕ. Партбюро йышăннă решенисене пурнăçланине тĕрĕслесе тăман, коммунистсене парти порученийĕсем паман. Хăшпĕр коммунистсем ĕçре паха тĕслĕх кăтартаймаççĕ, хăшĕ-пĕрисем, сăмахран, Оськин, Пашков, Костров коммунистсем час-часах ĕç дисциплинине пăсаççĕ. Парторганизацири 9 коммуниста пĕрер е икшер взыскани панă.

Парти вĕренĕвĕнче те çитменлĕхсем чылай. Уйрăм коммунистсем занятисене йĕркеллĕ çÿремеççĕ.

Умра тăракан задачăсене пурнăçлассишĕн социализмлă ăмăртăва вăйлатса пырас, пĕтĕм коллектива ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме мобилизацилес вырăнне, партбюро ĕçри пысăк мар ÿсĕмсемпе лăпланса ларнă, çитменлĕхсемпе йăнăшсене вăхăтра тÿрлетме тăрăшман.

Машина-трактор станцийĕ колхозсемпе тунă договорсене пĕр колхозра те пурнăçламан. 10 трактор бригадинчен пĕри те плана тултарман. Тĕрлĕ сăлтавсене пула тракторсем ĕçлес вырăнне час-часах ĕçсĕр ларнă. Пĕтĕмĕшпе илсен, иртнĕ çулта тракторсем 886 смена ĕçлемесĕр тăнă. МТС руководителĕсем ултав çулĕ çине тăнă, туман ĕçе тунă тесе кăтартнă.

МТС выльăх апачĕ хатĕрлес, минераллă удобренипе вырăнти удобренисем турттарас ĕçсенче колхозсене пачах пулăшмасть.

Çитес çуракине МТС çителĕксĕр хатĕрленет. Юсанă тесе актпа йышăннă хăшпĕр тракторсемпе ялхуçалăх машинисене тепĕр хут юсамасăр ĕçе яма çук. Кадрсем вĕрентсе хатĕрлемелли плана 71 процент çеç тултарнă.

Докладчик Г. Журналов юлташ çитменлĕхсене чăннипе уçса кăтартас вырăнне, вĕсене пытарса хăварма тăрăшрĕ. Вăл МТС руководителĕсен çитменлĕхĕсене йышăнмарĕ, айăпа колхоз председателĕсемпе район руководителĕсем, машина-трактор станцийĕн малтанхи руководителĕсем çине йăвантарма пăхрĕ, хăшпĕр çитменлĕхсене пĕтĕмпех пытарса хăварма тăрăшрĕ.

Пленумра С. Пилипенкăпа Н. Петухов юлташсем тракторсемпе ялхуçалăх машинисене юсасси начар пыни, механизаторсем хушшинче политикăллă воспитани ĕçне йĕркелеменни çинчен каларĕç. Куçса çÿрекен мастерскойсене юсама тытăнман, вĕсем валли инструментсем çителĕксĕр. Çураки валли çунтармалли тата сĕрмелли материалсем кÿрсе килмен, чурка хатĕрлеме тытăнман. Трактористсемпе калаçусем иртермеççĕ, хаçат-журнал вуласа памаççĕ. Стена хаçачĕсемпе боевой листоксем тухмаççĕ, кăтарту хăмисем çук.

Райком членĕ С. Воробьев юлташ МТС руководителĕсем кадрсем çуккишĕн ÿпкелешни, çав вăхăтрах хăйсем çав кадрсемшĕн тăрăшманни, вĕсене кирлĕ пек условисем туса паманни çинчен каларĕ. Рабочисемпе трактористсем пурăнакан общежитинче таса мар, яланах сивĕ пулать.

«Комбинат» тата «Вперед» колхоз председателĕсем И. Моисеевпа А. Кузнецов юлташсем МТС руководителĕсене колхозсемпе тăвакан договорсене закон вырăнне хуманшăн, вĕсене пурнăçлассишĕн тăрăшманшăн критиклерĕç, МТС-ăн участоксенчи агрономĕсем çĕрĕç культурине ÿстерме тăрăшманни çинчен каларĕç.

Пленум МТС ĕçне лайăхлатмалли мероприятисем палăртса тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

Е. АФАНАСЬЕВ.
(«Коммунизм ялавĕ» корр.).

## Агрозоотехника вĕренĕвне—çÿлĕ пусăма

(Редакцие килнĕ çырусем тăрăх)

Партипе правительство колхозниксен пĕтĕмĕшле культурине тата агрозоотехникăллă пĕлĕвне ÿстерме питĕ лайăх майсем туса параççĕ. Пирĕн çĕршывра ялхуçалăх ыйтăвĕсемпе тĕрлĕ кĕнекесем нумай тухаççĕ. Халĕ ĕнтĕ малта пыракан ял ĕçченĕсен килĕсенче библиотечкăсем те курма пулать. Колхозниксемпе колхозницăсен ĕç культурине ÿстерме лекцисемпе докладсем те, кинокартинăсемпе калаçусем те пулăшаççĕ.

Хăватлăн аталанса пыракан социализмлă ялхуçалăхĕ ыйтнине тивĕçтерме колхозсенче виçĕ çуллăх агрозоотехника курсĕсем ĕçлеççĕ. Кăçал вĕсенче пĕрремĕш кăларăм пулать. Курссен тĕллевĕ вăл колхозниксен анлă массисене наука çитĕнĕвĕсемпе тата малта пыракансен опычĕпе паллаштарасси, вĕсемпе практикăра усă курма вĕрентесси пулать.

Колхозниксен вĕренĕвне лайăх йĕркелени тырпул тухăçлăхне ÿстерме, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аванлатса пыма май парать. Çавăн çинчен «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине корреспондентсем çырса пĕлтереççĕ.

И. Борисов юлташ Хĕрлĕ Чутай районĕнчи пĕрлешсе пысăкланнă «День урожая» колхозра агротехника курсĕ иккĕмĕш çул ĕçлени çинчен çырать. Занятисем кунта йĕркеллĕ иртеççĕ, колхозниксем интересленсе вĕренеççĕ. Пĕрремĕш çулхи программăна уй-хир бригадин бригадирĕ И. Ильин юлташ «отлично» паллăпа пĕтернĕ, вĕренÿре вăл кăçал та паха тĕслĕх кăтартать.

«Ильин юлташ бригади,—тесе çырать Борисов юлташ,—иртнĕ çул кашни гектартан 20 центнер кĕрхи тулă, 17 центнер çурхи тулă пухса кĕртнĕ».

Бригада халĕ кăçалхи вăйлă тырпулшăн кĕрешÿ пуçарса янă. Вăрлăхсене акма лайăх хатĕрленĕ, ялхуçалăх инвентарьне юсаса пĕтернĕ. Колхозниксем уйăра юр тытаççĕ, хире тислĕк кăлараççĕ.

Елчĕк районĕнчи «Вперед» ялхуçалăх артелĕнче зоотехникăна вĕренмелли виçĕ çуллăх курса 1950 çулта организациленĕ. Ăна зоотехник Тимофеева юлташ ертсе пырать. Наука çитĕнĕвĕсемпе тата малта пыракан опытпа паллашнă май, ферма работникĕсем иртнĕ çул чылай ăнăçлă ĕçлерĕç. Пĕлтĕр, сăмахран, 1951 çулхипе танлаштарсан, кашни ĕнерен 500 литр ытларах сĕт суса илнĕ, ĕнесем хĕсĕр юлассине пĕтернĕ.

1952 çулта А. Артемьевăпа М. Трофимова дояркăсем ыттисенчен пысăкрах çитĕнÿ тунă. Вĕсем хăйсене çирĕплетсе панă вуншар ĕнерен кашнинчен 1.660-шар литр сĕт суса илнĕ. Артемьева юлташ хăй ĕç опычĕ çинчен курсра лекци туса панă. Зоотехника курсĕнчен лайăх вĕренсе тухассишĕн колхозниксем çине тăрса тăрăшаççĕ.

Çавăн çинчен редакцие И. Наумов юлташ çырса пĕлтерчĕ. «Вперед» колхозрах кăçал агротехника курсне те организациленĕ. Ун çинчен колхозник В. Долгов юлташ çыру ячĕ.

Кăçалхи вĕренÿ çулĕнче агрозоотехника курсĕсем йĕркеллĕ ĕçленине палăртса, Ишлей районĕнчи «Сталинская гвардия» колхозран Ф. Олангин, Шăхасан районĕнчи «Слава» колхозран Ф. Степанова, Ворошилов ячĕпе тăракан колхозран М. Гаврилов, Чурачăк районĕнчи «Гигант» колхозран агроном Таврина, Канаш районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозран Е. Федоров, Советски районĕнчи «За коммунизм» колхозран агроном А. Михайлов юлташсенчен çырусем килчĕç.

Партин XIX-мĕш съездĕнче Маленков юлташ наука çитĕнĕвĕсемпе тата малта пыракан опытпа ялхуçалăхĕнче усă курас ĕçре чылай пысăк çитменлĕхсем пурри çинчен каларĕ. «Пирĕн малта пыракан колхозсем, МТС-сем, совхозсем нумай,—терĕ Маленков юлташ,—ялхуçалăхĕнче малта пыракан çынсем пиншерĕн шутланаççĕ, вĕсем наука çитĕнĕвĕсемпе творчествăллă усă курса, тырпул тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем тăваççĕ. Анчах малта пыракан опыта пропагандăлас тата унпа колхозсемпе совхозсен производствинче усă курас ĕç çителĕксĕр пырать-ха».

Наука вĕрентнине, малта пыракан опыта колхозниксем хушшинче пур майсемпе те сармалла. Чи малтан вĕсене агрозоотехника курсĕсенче пропагандăламалла. Çак ĕçе районсенчи ялхуçалăх пайĕсен организацилемелле. Вĕсен ĕçне парти райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен тăтăшах тĕрĕслесе тăрас пулать.

Пирĕн республикăри кашни колхозрах агрозоотехника курсĕсен групписене организациleме май пур. Апла пулин те чылай ялхуçалăх артелĕсенче вĕсене çак тарана çитсе те организацилемен.

Советски районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозри В. Иванов, М. Ефимов, Д. Ефимов бригадирсем, çавăн пекех ытти чылай колхозниксем те агрозоотехникăна курсра вĕренесшĕн. Ăна организацилеме колхоз председателĕ В. Свешников, ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ В. Шумилов юлташсем пачах та шутламаççĕ. Пуçламăш парторганизаци çакăн пек йĕркесĕрлĕхпе килĕшсе пурăнать.

— Малта пыракан агротехникăна пурнăçласа пыман пирки Жданов ячĕпе тăракан колхоз пĕлтĕр тырпул тухăçлăхне ÿстереймерĕ,—тесе пĕлтерет А. Смирнов юлташ.—Кăçал та хĕллехи агротехника ĕçĕсене начар пурнăçлаççĕ. Минераллă удобренисем илсе килмен. Правленинчен 150 метрта икĕ çĕрте циншер тонна паха торф пур, ăна та хире кăлармаççĕ.

Уй-хир ĕçне тума, фермăсенче ĕçлеме опытлă кадрсем Сĕнтĕр районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхозра та çителĕксĕр. Артель юман пурçăнĕн хуртне те ĕрчетет. Правлени ку ĕçе ертсе пыма 1952 çулта опытлă бригадир уйăрса параймарĕ. Кĕскен каласан, колхозра агрозоотехника курсне организацилеме кирли курăнсах тăрать.—Анчах та,—тет П. Бирюков юлташ хăй çырăвĕнче,—райсовет исполкомĕн ялхуçалăх пайĕ çавна шута илмест.

Хăшпĕр çĕрте агрозоотехника курсĕсенче вĕренме условисем япăх. Акă, Елчĕк районĕнчи Чкалов ячĕпе тăракан колхозра вĕренмелли пÿлĕм пĕчĕккĕ, çавăнпа та занятисем йĕркеллĕ иртеймеççĕ, тесе çырать В. Иванов корреспондент.

Агрозоотехника вĕренĕвне тивĕçлипе йĕркелесси—ялхуçалăх специалисчĕсен тивĕçĕ. Агрономсемпе зоотехниксен тата ытти специалистсен хăйсене государствăллă пысăк ĕç пурнăçлама хушнине ăнланса илес пулать. Колхозниксемпе колхозницăсене наука пĕлĕвĕсемпе тата малта пыракан опытпа хĕçпăшаллантарни партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне лартнă задачăсене ăнăçлăн татса пама кирлĕ.

## Стена хаçачĕсем—вырăнти пичетĕн нумай йышлă отрячĕ

Пирĕн парти ертсе пынипе совет халăхĕ социализмран майĕпен коммунизма куçас çул çинче ÿсĕм хыççăн ÿсĕм тăвать.

Партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕпе, аслă çулпуçăмăр съездра тухса каланă генииллĕ сăмахпа хавхаланнă совет çыннисем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлăн пурнăçа кĕртессишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлеççĕ.

Çĕнĕ пилĕк çуллăх планăн ответлă задачисем пирĕн парти, совет, хуçалăх, профсоюз, комсомол организацийĕсем умне пысăк требованисем кăларса тăратрĕç. Вĕсен коммунизмлă общество тумалли сталинла аслă программăна пурнăçа кĕртме ĕççыннисен йышлă массисене анлăн мобилизацилесе пымалла.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн тĕп задачисене пурнăçлас ĕçре—социализмран майĕпен коммунизма куçса пырса, коммунизмлă общество тăвассишĕн, обществăн пурлăхпа культура шайне пĕрмаях хăпартса пырассишĕн, общество членĕсене интернационализм шухăшĕ майлă тата мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисемпе тăванла çыхăнусем тытса пурăнас шухăш майлă вĕрентсе воспитани парассишĕн, тăшмансен агрессиллĕ ĕмĕчĕсенчен сыхланма совет Тăван çĕршывĕн активлă оборонине пур майсемпе те тĕреклетсе пырассишĕн кĕрешес ĕçре пичет калама çук пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Совет пичечĕ—партин чи вăйлă хĕçпăшалĕ. Вăл пулăшнипе Ленин—Сталин партийĕ массăсемпе кунсерен, сехетсерен хăйĕн çыхăнăвне, хăйне кирлĕ пек çыхăнăва калаçать. Стена хаçачĕсен ĕççыннисен творчествăллă пултарулăхне палăртмалли хăватлă хĕçпăшал пулса тăраççĕ.

Совет халăхĕ хăйĕн стена хаçачĕсене пысăк вырăна хурса хаклать, мĕншĕн тесен стена хаçачĕсем пирĕн пичетĕн паллă традицийĕсене—идейăллăха, партилĕхе, массăллăха, принциплăха, тĕрĕслĕхе—пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пыраççĕ.

Стена хаçачĕсем—вырăнти парти организацийĕсен активлă помощникĕсем. Стена хаçачĕсем пулăшнипе партипе профсоюз, комсомол организацийĕсем хăйсем массăсемпе çыхăнса тăрассине çирĕплетеççĕ тата предприятисенчи, колхозсенчи, машина-трактор станцийĕсемпе совхозсенчи, учрежденисенчи ĕççынни массисене Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин политикине ăнлантарса параççĕ, вĕсене совет патриочĕсем пулма, ССР Союзĕнчи халăхсен тăванла туслăхне çирĕплетме, государство заданийĕсене ăнăçлăн пурнăçлама мобилизацилеççĕ.

Стена хаçачĕсене кашни предприятире, колхозра, машина-трактор станцинче, учреждение йĕркеллĕ кăларса тăмалла. Стена хаçачĕсен ĕçне вырăнти пуçламăш парторганизацисен тата КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсен ертсе пымалла.

Стена хаçачĕ кăларас ĕç—ответлă ĕç. Ăна йĕркеллĕ кăларса тăма ятарласа редколлеги тăваççĕ. Редколлегие ĕççыннисен пĕрлехи пухăвĕнче пĕр çуллăх срока суйлаççĕ. Предприятири, колхозри, учреждении парти организацийĕ редколлеги составне кĕртме ĕçлеме пултаракан, тÿрĕ кăмăллă, авторитетлă çынсене палăртать, вĕсене çирĕплетме коллектива ĕçлекенсен пухăвне сĕнет. Парторганизаци хаçата мĕн ятлă тăвасси çинчен те малтанах шутласа пăхать. Стена хаçат ятне те пуху татса парать. Парти организацийĕ редколлеги ĕçне тĕрĕс йĕркелесе пыма тăрăшать, редколлегире ĕçлекенсене ĕçре кăтартусем парать, стена хаçачĕн идейăллă, политикăллă тата культурăллă шайне пĕрмай ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлет, çавăн пекех унта пичетлеnекен материалсем тăрăх тивĕçлĕ мерăсем йышăнма пулăшать.

Хаçат редколлегийĕнче миçе çын пуласси вырăнти условисенчен, предприяти е колхоз территорийĕнчен, хаçата уйăхра миçе хутчен кăларнинчен килет. Лайăх ĕçлекен стена хаçачĕсен опытĕнчен çакă паллă: вак колхозсем пĕр хуçалăха пĕрлешнĕ май, чылай ялхуçалăх артелĕсенче стена хаçачĕн кашни номернех темиçе экземпляр кăларма пуçланă, çавăнпа та редколлеги составне çынсем те ытларах суйлаççĕ. Редколлегире çапла вара пилĕк çынран пуçласа 7—9 е 21 çын таранах пулать. Çакă вăл стена хаçатне тăтăш, кĕске срокра кăларса тăма май парать.

Редколлегин кашни членнех уйрăм пайсем тăрăх—партипе комсомол, культурăпа сутĕç, уй-хир, выльăх-чĕрлĕх, ялхуçалăхне механизацилес ĕç, шалти информаци, юмор т. ыт. пайсем тăрăх ĕçлеме уйăраççĕ. Материалсене пĕтĕм редколлеги составĕпе пăхса тухнă хыççăн, черетлĕ номере редколлегин виçĕ членĕ хатĕрлет, çав вăхăтра ытти членсем çитес номер валли материалсем хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

Хаçат пахалăхĕ, çивĕчлĕхĕ тата авторитечĕ, чи малтанах, редколлеги членĕсем парти организацийĕ тата мĕнпур коллектив панă пысăк ĕçе юратса, тÿрĕ кăмăлпа туса пынинчен тата ĕçе тĕрĕс организацилеринчен килет.

Редколлеги членĕсен стена хаçачĕ кăларас ĕçе предприятисенче—производствăра малта пыракансене, новаторсене, рационализаторсене, колхозсенче — вăйлă тырпул ÿстисемпе обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекен ĕçченсене, механизаторсене, ялхуçалăх специалисчĕсене, интеллигенцие ытларах хутшăнтарма тăрăшмалла. Актив çук пулсан, стена хаçачĕ йăмшакланать, вăл кичем те шупка пулса тухать.

Редколлеги стена хаçачĕ валли материалсем пухать. Статья е заметка авторне тата вĕсен содержанине стена хаçачĕ тухиччен никама та пĕлтерме юрамасть. Хăшпĕр чухне тĕрлĕ сăлтавсене пула пĕр-пĕр статьяна е заметкăна стена хаçатĕнче усă курма май килмест е тата статьяна хаçата вырнаçтарсан та унăн авторĕ хăйĕн хушамачĕпе ятне вăрттăнлăхра тытса тăма ыйтать. Çакăн пек чухне редколлеги членĕсен хăйсен тивĕçне тÿрĕ кăмăлпа пурнăçлама кирли çинчен уйрăммăнах асра тытмалла.

Редколлеги ларăвĕнче ĕç планĕ тăваççĕ, стена хаçатĕнче усă курмалли кирлĕрех материалсене пăхса тухса сÿтсе яваççĕ. Редколлеги парторганизаци çирĕплетнĕ ĕç планĕ тăрăх ĕçлет. Плана тунă чухне предприятири е колхозри пур ыйтусене те тĕплĕн шута илмелле. Анчах иксĕлми çăлкуç пек тапса тăракан пурнăç куллен çĕнĕ ыйтусем кăларса тăратать. Çав ыйтусене, планра палăртман тесе, манăçа хăвармалла мар.

Стена хаçат редколлегийĕн ĕç планĕнче предприяти, колхоз, учреждени умĕнче тăракан задачăсене пурнăçласси мĕнле пынине çутатассине палăртас пулать. Стена хаçачĕн ĕç планĕ парти организацийĕпе предприяти, колхоз, хуçалăх тата обществăллă организацисем çитес çывăх вăхăт валли палăртнă мероприятисемпе килĕшÿллĕ пулмалла. Ĕç планне тунă чухне редколлеги членĕсен активпа, стена хаçатне çырса тăракансемпе канашласа пăхмалла, вĕсен сĕнĕвĕсене шута илмелле. Планра стена хаçачĕ хăçан тухмаллине, çутатма палăртнă тĕп ыйтусене, пысăкрах материалсен авторĕсене кăтартаççĕ, çав материалсене хатĕрлесе çитерессишĕн редколлеги членĕсенчен кам ответлă пулнине палăртаççĕ.

Стена хаçачĕн кашни номерĕнчех предприяти е учреждени пурнăçĕпе çыхăннă умстатья, предприяти е учреждени руководителĕн, производствăра малта пыракансен, специалистсен статьисем, коммунизм обществи тăвакан совет çыннисен пархатарлă ĕçне, творчествăллă пуçарулăхне, малта пыракансен опытне кăтартакан, ĕçри çитменлĕхсене хăюллăн уçса паракан статьясем, культурăпа йăла ыйтăвĕсем çинчен çырнă заметкăсем, вырăнти интереслĕ хыпарсем, юмор кĕтессисем, ÿкерчĕксем, карикатурăсем, туслă шаржсем пулмалла. Анчах, хаçата тĕрлĕ материалсем ытларах вырнаçтарас тесе, ыйтăва çиелтен çутатни пулмалла мар. Ун пек туни—стена хаçатне ячĕшĕн кăна кăларасси патне илсе пырать. Ячĕшĕн кăна кăларнă стена хаçачĕ никама та усă кÿмест. Хăшпĕр чухне, кирлĕ пулсан, стена хаçачĕн пĕр-пĕр уйрăм номерĕнче пĕр е икĕ питех те кирлĕ ыйтăва кăна çутатса пама та юрать.

Плана кашни уйăх валли тата стена хаçачĕн кашни номерĕ валли уйрăммăшарăн тумалла. Тĕплĕн шутласа тунă план—стена хаçачĕн кашни номерне лайăх содержаниллĕ, витĕмлĕ те çивĕч тумалли ниĕс.

Совет çыннисем халăх хуçалăх планĕсене тултарассишĕн тата иртерсе тултарассишĕн çине тăрса ĕçлени пĕтĕм халăх хушшинче социализмлă ăмăрту сарăлса пынинче палăрать. Социализмлă ăмăрту кунсерен промышленноçра та, транспортра та, ялхуçалăхĕнче те çĕнĕрен çĕнĕ патриотла пуçару çуратать. Стена хаçачĕсенче массăсен социализмлă ăмăртăвĕ тĕп вырăнта тămалла.

«Производствăллă план вăл цифрăсемпе заданисене йĕркерен çырса тухни кăна пулать тесе шутлани айванла хăтланни пулĕччĕ,—тет Сталин юлташ.—Чăннипе илсен, производствăллă план вăл миллионшар çынсен кулленхи чĕрĕ те практикăллă ĕçĕ пулса тăрать. Пирĕн производствăллă план реальнă пулни вăл—çĕнĕ пурнăç тăвакан миллионшар ĕççыннисем».

Стена хаçачĕсен ăмăртăва организацилесе, сарса пыракансем пулмалла. Кашни номертех социализмлă ăмăрту мĕнле пыни çинчен, кам малта пынине, кам юлса пынине кăтартмалла. Производствăна вăйлатма пулăшакан кашни пархатарлă ĕçе çийĕнчех асăрхакан стена хаçачĕ питĕ мухтавлă ĕç тăвать. Малта пыракансен опытне анлăн сармалла, çав вăхăтрах ĕç дисциплинине пăсакансене, кахалсене, прачсене, харпăрхăйшĕн кăна тăрăшакансене, государство интересĕсене кая хуракансене хăюллăн критиклемелле. Партипе государство дисциплинине пăсакансене çийĕнчех тăрă шыв çине кăлармалла.

Стена хаçачĕн совет обществине малалла аталанма пулăшса тăракан хăватлă хĕçпăшалпа—критикăпа тата самокритикăпа анлăн усă курмалла. Çавăнпа самокритикăпа аялтан килекен критикăна хăюллăн аталантарса пымалла, ĕçри çитменлĕхсене çийĕнчех тупса палăртмалла, çитĕнÿсемпе шавлăн мухтаннине тата ĕçри ăнăçусемпе çырлахса, лăпланса пурăннине хирĕç хăватлăн кĕрешмелле. Критикăна хĕсекенсене тăрă шыв çине кăлармалла: кам та кам критикăна пытарать—вăл тÿсме çук киревсĕр ĕç тăвать. Çакна асра тытса, стена хаçачĕсен тĕрĕслĕхрен пăрăнакан, ултавлă, суя, икĕпитлĕ çынсене, çăвар карса тăракансене хирĕç партин çĕнĕ Уставĕ хушнă пек кĕрешмелле. Массăсен критикине аталанма пулăшса пыракан, ĕççыннисен сыхлăхне ÿстерме тăрăшакан, ĕçри çитменлĕхсене уçса палăртма ĕççыннисене анлăн хутшăнтаракан стена хаçачĕ кирлĕ те пысăк ĕç тăвать.

Кашни стена хаçачĕн критикăпа самокритикăна сарса пыма пысăк майсем пур. Стена хаçачĕсенче нумайăшĕнче сатира, юмор кĕтесĕсем пур, вĕсенче час-часах фельетонсем, карикатурăсем, такмаксем, юптарусем курма пулать.

Анчах çакна та манма юрамасть: критиклес тени пĕрре те çынран кулас, ăна мăшкăл тăвас, пĕр-пĕр работникĕн кăмăлне татас тенине пĕлтермест. Вырăнсăр çухăрашни, шăл йĕрни критикăпа самокритикăна ăнланманни, çак çивĕч хĕçпăшала варалани кăна пулать. Ĕçри çитменлĕхсемпе чăрмавсене, йывăрлăхсене, вĕсем камран килнине пăхмасăр, пĕр хăраса тăмасăр, хăюллă кăтартса памалла.

# Строительство материалĕсем нумайрах туса кăларассишĕн, вĕсен пахалăхне лайăхлатассишĕн

Çак кунсенче строительство материалĕсем тăвакан промышленность работникĕсен республикăри канашлăвĕ пулса иртрĕ.

Канашлу «Чăваш республикинчи строительство материалĕсем тăвакан предприятисен 1952 çулхи ĕç итогĕсем тата 1953 çулхи плана тултарма пулăшакан мероприятисем çинчен» Строительство материалĕсем тăвакан промышленность управленийĕн начальникĕ М. Репнин юлташ тунă доклада итлесе сÿтсе яврĕ.

Тăван çĕршывăн пур кĕтесĕсенче те предприятисем, шкулсемпе больницăсем, пурăнмалли çуртсем тăвас ĕç вĕресе тăрать. Атăл, Днепр, Аму-Дарья çинче коммунизмăн аслă стройкисене тăвас ĕç вăйланса пырать.

Капитальнăй строительство енĕпе палăртнă программăна ăнăçлă пурнăçласси материалсем çителĕклĕ туса кăларнинчен сахал мар килет. Çавăнпа пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра тĕп материалсем туса кăларасси икĕ хутран кая мар ÿсмелле.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче пирĕн республикăри строительство материалĕсем тăвакан промышленность чылай аталанчĕ. 1952 çулта, 1940 çулхипе танлаштарсан, икĕ хута яхăн нумайрах кирпĕч туса кăларнă. Анчах строительство ĕçĕсем тата пысăкрах хăвăртлăхсемпе аталанаççĕ. Пилĕкçуллăхра Шупашкар гидростанцине тата пысăк предприятисене тума тытăнмалла. Çавăнпа халăх хуçалăхне строительство материалĕсем ĕлĕкхинчен темиçе хут ытларах кирлĕ.

Докладчик тата прение тухса калакансем çакна палăртрĕç: 1952 çулта Строительство материалĕсем тăвакан промышленность управленийĕ государство çирĕплетсе панă плана тултарман, стройкăсене 1,7 миллион кирпĕч, чылай чул, известь, черепица парса çитереймен. Продукци туса кăлармалли плана Улатăр, Çĕмĕрле тата Канаш кирпĕч заводĕсем çеç тултарнă. Ыттисем, уйрăмах Шупашкар тата Иваново кирпĕч заводĕсем, япăх ĕçленĕ. Тăвай черепица заводĕ 100 пин вырăнне пурĕ те 3 пин черепица çеç туса кăларнă. Куславкка заводĕ чул кăлармалли тата известь хĕртмелли плана тултарман.

Чылай предприятисем юлса пыни вĕсен руководителĕсем государство дисциплинине пăснинчен, хăйсен Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçне кирлĕ пек туйса ĕçлеменнинчен, производствăна тĕрĕс йĕркелеме тăрăшманнинчен килнĕ. Иртнĕ сезонта кирпĕч тăвакан прессем 3.529 сехет ахаль ларнă. Прессем татти-сыпписĕр ĕçленĕ пулсан, заводсем 10 миллион ытла чĕрĕ кирпĕч нумайрах туса кăларма пултарнă. Производствăра 17 процент брак пулнă. Брак ытлашши нумай пулнă пирки заводсем стройкăсене виçĕ миллион ытла кирпĕч парса çитереймен.

Предприятисенче ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ. Управлени ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 84 процент çеç тултарнă. Норма тăрăх кашни преспа сменăра вăтам шутпа 28 пин чĕрĕ кирпĕч туса кăлармалла пулсан, заводсем пĕтĕмпе 22,5 пин кирпĕч кăна туса кăларнă. Кирпĕч типĕтмелли сарайсемпе тата кирпĕч хĕртмелли кăмакасемпе çителĕксĕр усă курнă. Предприятисенче оборудовани лайăх ĕçлеттермеççĕ, аварисем нумай пулаççĕ. Хăшпĕр хуçалăх руководителĕсем йывăр ĕçсене механизацилеме, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатма, малта пыракансен опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сарма тăрăшмаççĕ. Иртнĕ сезонта Иваново кирпĕч заводĕнче экскаватор, Канаш заводĕнче — локомобиль ĕçсĕр ларнă. Куславкка заводĕнче вăрçăччене известь хĕртмелли кăмака тунă. Унпа халĕ те усă курмаççĕ.

Предприятисен ĕçĕнчи тепĕр пысăк çитменлĕх вăл — продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн, хуçасăрлăха пĕтерессишĕн кирлĕ пек кĕрешменни. Предприятисем пурте тенĕ пекех планран ирттерсе ĕç укçи расходланă, топливо ытлашши пĕтернĕ. Продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли плана пĕр предприяти те тултарман. 1952 çулта пĕр пин кирпĕч хакĕ вăтам шутпа планпа палăртнинчен 50 тенкĕ те 69 пус хаклăрах пулнă. Шупашкар завочĕсĕр пуçне ытти предприятисем пурте убыток тунă. Çавна пула предприятисем финанс тĕлĕшĕнчен пысăк йывăрлăха кĕнĕ: вĕсен оборотри укçа-тенкĕ çитмест, уйăрса паракан материалсемпе топливăна вăхăтра тÿлесе илеймеççĕ.

Строительство материалĕсем тăвакан промышленность управленийĕ предприятисене çителĕксĕр ертсе пырать, шалти резервсене палăртма пулăшмасть, малта пыракансен опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сармасть. Заводсенче Сталинла премин лауреачĕсен Картавцевпа Дуванов мелĕсемпе япăх усă кураççĕ. Ертсе пыракан кадрсене суйласа илес тата вĕсене воспитани парас тĕлĕшпе управлени çителĕксĕр ĕçлет. Иваново заводĕнче 11 уйăх хушшинче директор пулман. 1952 çулта Куславкка заводĕнче виçĕ директор улшăннă. Управлени юлса пыракан предприятисене япăх пулăшать. Управленин главнăй инженерĕ Батиенко юлташ Тăвай черепица заводĕнче икĕ çул хушшинче пĕрре те пулман.

Кăçал предприятисем умĕнче пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ: кирпĕч, известь, чул, черепица нумайрах туса кăлармалла, продукци пахалăхне лайăхлатмалла, унăн хăйне ларакан хакне йÿнетмелле. Предприятисем умра тăракан кăçалхи задачăсене чыслăн пурнăçласси сезона вăхăтра тата пысăк пахалăхпа хатĕрленнинчен килет. Çакна заводсен руководителĕсем пĕлмеççĕ теме çук. Апла пулин те вĕсем оборудовани, кирпĕч типĕтмелли сарайсене, кăмакасене, вагонеткăсене хăвăртрах юсаса пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Предприятисенче топливо сахал, рабочисем илес ĕç вăраха тăсăлнă. Кăçалтан пуçласа, Шупашкар кирпĕч завочĕ «Водосвет» электростанцинчен энерги илсе тăмалла. Завода электричество кĕртме пуçăнман та. Иваново кирпĕч заводĕнче локомобильпе преса вырнаçтарса лартас ĕçе васкатмалла. Пурăнмалли çуртсене, общежитисене, хĕрлĕ кĕтессене юсаса тирпейлес тĕлĕшпе те çитменлĕхсем нумай.

Доклад тăрăх 18 çын тухса каларĕ.

Улатăр кирпĕч завочĕн директорĕ **Регина** юлташ Строительство материалĕсем тăвакан промышленность управленине ĕçе тĕрĕс мар планланăшăн, завода техникăллă пулăшу сахал панăшăн критиклет.

Çĕмĕрле заводĕнчи **Алексеев** мастер чĕрĕ кирпĕч типĕтнĕ çĕрте Сталинла премин лауреачĕ Картавцев юлташăн меслечĕпе усă курни, ăна пула сарайсенче ĕлĕкхинчен икĕ хут нумайрах кирпĕч типĕтсе илни çинчен калать.

— Заводра кирпĕч типĕтекен сарайсене юсама тытăнман, мĕншĕн тесен йывăç та, хăма та çук. Çулсене юсама материалсем çителĕксĕр. Вагонеткăсем сахал, пуррисем те йывăр,—тет Алексеев юлташ.

— Эпир вакуум-пресс вырнаçтарса лартатпăр. Ку вăл пирĕншĕн çĕнĕ техника. Унпа сменăра, сехетре мĕн чухлĕ кирпĕч туса кăлармаллине пĕлместпĕр. Управленире ĕçлекенсем: «паспорт пур вĕт, тата мĕн кирлĕ,—ответлеççĕ, тет Шупашкар кирпĕч заводĕнчи формовăчнăй цех начальникĕ **Никифоров** юлташ. Вăл каланă тăрăх, завод планпа палăртнинчен виç-тăват миллион кирпĕч нумайрах туса кăларма пултарать, анчах чĕрĕ кирпĕче типĕтме сарайсем сахал. Вăлах завод директорне Горюнов юлташа рабочисен культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтерессине хакламаншăн критиклет.

«Легпромстройăн» 11-мĕш трест управляющийĕ **Каплин** юлташпа Чăвашстройтрест управляющийĕ **Куприянов** юлташ, строительствăпа монтаж кантурĕн начальникĕ **Юдкевич** юлташ вырăнти материалсем çитменни тата вĕсен пахалăхĕ япăххи строительство ĕçĕсене вăхăтра тума, строительство хакне чакарма чăрмантарни çинчен калаççĕ. Вĕсем çĕнĕ йышши кирпĕч, гончарнăй трубасем туса кăларма, кирпĕчпе чул тиес ĕçе механизацилеме кирлине палăртаççĕ.

Çĕмĕрле кирпĕч завочĕн директорĕ **Яковлев** юлташ управление йывăр ĕçсене механизацилеме электромотор, мотовоз уйăрса паманшăн критиклет.

Строительство материалĕсен республикăри лаборатори заведующийĕ **А. Никифоров** юлташ предприятисенче технологи дисциплинине час-часах пăснине, тăма япăх çăрнине, çавна пула япăх продукци туса кăларнине палăртать, кирпĕч пахалăхне лайăхлатмалли мелсем çинчен калать.

Вырăнти промышленность работникĕсен профсоюз обкомĕн председателĕ **Захарова** юлташ уйрăм предприяти руководителĕсене рабочисем валли пурăнма тата культурăллă канма паха майсем туса пама тăрăшманшăн критиклет.

Шупашкар кирпĕч заводĕнчи **Тимофеев** мастер лайăх типсе çитеймен кирпĕчсене сивĕрен сыхласа хăварас тĕлĕшпе тунă опытсем çинчен калать. Вăл каланă тăрăх, шлакпа вак тăпрас витнĕ кирпĕчсем шăнса пăсăлнă, хăма кĕрпи сапнисем вара хăйсен пахалăхне чакарман.

Канашлура КПСС обкомĕн промышленноçпа транспорт пайĕн заведующийĕ **П. Чичикин** юлташпа Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕ **Д. Полукаров** юлташ сăмах тухса каларĕç.

Канашлу предприятисене сезона вăхăтра тата пысăк пахалăхпа хатĕрлесе çитерме, оборудованне апрелĕн 1-мĕшĕ тĕлне юсаса пĕтерсе ĕçе ярса сăнаса пăхма, 1953 çулхи производство планне декабрĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарма, стройкăсене государство заданийĕнчен ирттерсе 2 миллион кирпĕч, 35 пин черепица, 400 кубометр чул пама, продукци пахалăхне лайăхлатма, топливо перекетлеме, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетме, ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулса социализмла обязательство йышăнчĕ. Канашлу участникĕсем республикăри строительство материалĕсем тăвакан промышленноçра ĕçлекенсене çулталăкри плана срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарма, малта пыракансен опычĕпе тата меслечĕпе ытларах усă курма чĕнсе каларĕ, Мордва АССР-ĕнчи строительство материалĕсем тăвакан промышленноçри работниксене ăмăртăва чĕнчĕ.

---

Стена хаçатĕнче çырнă кашни материалăн витĕмлĕхĕшĕн кĕрешни хаçат авторитетне çĕклет. Пĕр критикăллă материал та усăсăр пĕтмелле мар, айăплисене çирĕп ответ тыттармалла. Хаçатри материалсем тăрăх мерăсем йышăнни çинчен вулакансене пĕрмаях пĕлтерсе тăрас пулать. Ку ĕçе «Стена хаçатĕнче усă курнă материалсем тăрăх», «Çапла тума йышăннă», «Стена хаçачĕ пулăшрĕ», «Пире пĕлтереççĕ» т. ыт. те рубрикăсемпе туса пыма пулать.

Хаçатра материалсен витĕмлĕхĕшĕн тата лартнă тĕллеве пурнăçлассишĕн кĕрешни стена хаçачĕн вăйне палăртса паракан тĕслĕх пулса тăрать. Ĕçсыннисем, хăйсен стена хаçачĕсене кăларас ĕçе активлăн хутшăнса, предприятисен, колхозсен, учрежденисен ĕçне вăйлатассишĕн тăрăшнине, пирĕн юратнă социализмлă Тăван çĕршывăн вăй-хăватне тĕреклетессишĕн кĕрешнине яр-уççăн кăтартса параççĕ. Акă мĕншĕн стена хаçачĕн, вăл производствăра малта пыракан ĕçченĕн çитĕнĕвĕ çинчен çырса кăларчĕ пулсан, çав паха опыта пĕтĕм коллективра сарассишĕн тăрăшмалла. Стена хаçачĕ социализмлă харпăрлăха е халăх пурлăхне çаратакансене, сăтăрла ĕçсем тăвакансене хирĕç пуçланă кĕрешĕве вĕçне çитиех туса пыма тивĕçлĕ. Хаçатра çырнă заметкăсем тăрăх мерăсем йышăнман пулсан, стена хаçачĕн редакторĕпе редколлеги членĕсем çав заметкăра хускатнă ыйтусемшĕн ответлă пулса тăракан организацисемпе уйрăм çынсене вĕсем çакăншăн пĕтĕм общественность умĕнче ответлă пулса тăни çинчен астутарас пулать. Çакăн пек туни те пулăшмасан вара хаçат хускатнă ыйтусене татса памав уйрăм çынсем пирки пуçламăш парторганизацийĕнчен, предприяти директорĕнчен, колхоз правленийĕнчен, прокуратура органĕсенчен мерăсем йышăнма пулăшу ыйтмалла. Пысăк та принципиальнăй ыйтусем тăрăх районти е республикăри органсенчен, районти е республикăри хаçат редакцийĕсенчен те пулăшу ыйтмалла. Стена хаçачĕ государство тата халăх интересĕсене хÿтĕлесси тĕлĕшĕнче хăйĕн тивĕçне чыслăн пурнăçлать.

Стена хаçачĕн редколлегийĕ ĕçсыннисен çырăвĕсем тăрăх çийĕнчех тивĕçлĕ мерăсем йышăнсан, ăна вулакансем малашне те вăйлăн пулăшса тăраççĕ.

Стена хаçачĕн материалĕсем витĕмлĕ те сивĕч пулччăр тесен, чи малтанах, вĕсене çăмăл та халăх ăнланмалла чĕлхепе, таса та йĕркеллĕ çырмалла, материалсенчи фактсем тĕрĕс пулмалла. Фактсене тĕрĕслемесĕр, «илтнĕ тăрăх» кăна çырни пачах пулмалла мар, мĕншĕн тесен материалăн пĕр пайĕ тĕрĕс мар е суя пулни те хаçатри материалăн витĕмлĕхне нумай чакарать. Материалсенче тĕрĕслĕхе пăсса кăтартни пачах пулмалла мар. Стена хаçачĕсене тĕрĕс çырса тăракансене никам та хĕсме, пусмăрлама, айăплама пултараймасть. Кам та кам стена хаçатĕнчи критикăшăн кураймасăр корреспондента айăплас çул çине тăрать, ăна çирĕп ответ тыттармалла.

Стена хаçачĕн пахалăхĕ, ăна идея тĕлĕшĕнчен çÿлти пусăмра кăларнипе пĕрлех, лайăх илемлетсе, ÿкерчĕксемпе кăларнинчен те нумай килет. Редколлеги составĕнче ĕçлекен художниксем чăннипех те пысăк та пархатарлă ĕç тăваççĕ.

Пирĕн республикăри чылай стена хаçачĕсем, сăмахран, Октябрьски районти «Стахановец» стена хаçачĕ, Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри «Коммунизм çулĕпе» стена хаçачĕ,— ĕçсыннисем юратакан стена хаçачĕсем. «Стахановец» стена хаçачĕ тухса тăма пуçланăранпа кăçалхи январь уйăхĕнче 25 çул тултарчĕ. Çак çирĕм пилĕк çул хушшинче пурĕ 1.050 номер ытла тухнă. «Стахановец» хаçат пулăшнипе мĕн чухлĕ ыйту татса панă! Унта пĕлтĕр çеç 432 çыру пичетленнĕ.

«Коммунизм çулĕпе» хаçатăн та хăйĕн паха традицийĕ пур. Кунта стена хаçатĕнче тухнă кашни критикăллă материала колхоз правленийĕн ларăвĕнче сÿтсе яваççĕ, вĕсем тăрăх çийĕнчех мерăсем йышăнаççĕ. Колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци стена хаçатне хăйсен чăн-чăн помощникĕ тесе шутлаççĕ. Унта вуншар колхозниксем, ялхуçалăх специалисчĕсем тăтăшах çырса тăраççĕ. Хаçатри «Кăпкăн кĕтесĕнче» ĕçри кахалсене, ĕç дисциплинине тата ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсакансене критиклеççĕ. Кунсăр пуçне кашни бригадăрах боевой листоксем тухса тăраççĕ.

Предприятисенчи стена хаçачĕсем халĕ Май уявĕ умĕнхи социализмлă ăмăртăва пуçарса, организацилесе пыраççĕ. Государство планне кашни цех, предприяти обязательно йĕркепе тата кăтартса панă номенклатурăпа ассортимент енĕпе тултарнă вăхăтрах, продукци пахалăхне ÿстерессишĕн, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн, чĕртаварпа материалсене перекетлессишĕн, шалти резервсемпе тĕрĕс те туллин усă курассишĕн, çĕнĕ техникăпа малта тăракан технологие производствăна анлăн кĕртсе пырассишĕн пыракан кĕрешĕве ĕçсыннисене анлăн хутшăнтараççĕ.

Колхозсемпе машина-трактор станцийĕсенчи стена хаçачĕсен хисеплĕ тивĕçĕ—ялхуçалăхĕнчи тĕп задачăна пурнăçа кĕртессишĕн пыракан кĕрешĕве вăйлатасси пулса тăрать. Колхозсене организацилле хуçалăх тĕлĕшĕнчен пĕрмай çирĕплетсе пымалла. Колхозлă ял ĕçченĕсем халĕ ответлă тапхăра кĕчĕç—çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитессишĕн, вăйлă тырпул никĕсне тума, обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли апат-çимĕç базине хывма май паракан условисем тăвассишĕн тăрăшаççĕ. Чылай стена хаçачĕсем çуракине мĕнле хатĕрленнине тĕрĕслес майпа ялкорсен рейдĕсене ирттереççĕ, çамрăк выльăхсене пĕтĕмĕшпех сыхласа хăварассишĕн пыракан кĕрешĕве пуçараççĕ.

Коммунистсен партийĕ хуларипе ялти ĕçсыннисене халиччен тунă çитĕнÿсемпе лăпланса ларассине хирĕç, халăх хуçалăхне пур майсемпе те аталантарса пыма, сталинла пилĕкçуллăх заданийĕсене тултарма тата ирттерсе тултарма чĕнет. Стена хаçачĕсен, парторганизацисем куллен ертсе пынипе, халăх хушшинче творчествăллă пуçарулăха пĕрмаях вăйлатса пымалла. Стена хаçачĕсен Ленин — Сталин партийĕн аслă ĕçĕ çĕнтерессишĕн пыракан кĕрешÿри пĕлтерĕшĕпе вырăнне пĕрмай ÿстерсе пырар.

**П. НИКОЛАЕВ.**

---

# Чăлха фабрикинче

Шупашкарти чăлха фабрикинчи рабочисем, инженерсемпе техниксем Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне — мартăн 8-мĕшне ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илме хатĕрленеççĕ.

Фабрикăра цехпа цех, бригадăпа бригада, уйрăм рабочисем хушшинче социализмлă ăмăрту анлă сарăлнă. Кашниех производство планне срокчен тултарассишĕн, паха продукци туса кăларассишĕн чунтан тăрăшса ĕçлет.

М. Бабич—фабрикăри паллă стахановкăсенчен пĕри. Вăл чăлха фабрикисенче 20 çул ытла ĕçлет ĕнтĕ. Бабич юлташ чăлха çыхас ĕçри пуян опытпа ытти работницăсене паллаштарать, кирлĕ сĕнÿсем, канашсем парать.

— Аван ĕçлетĕн,—тет вăл пĕр çамрăк работница çине пăхса,—анчах тунă çитĕнÿсемпе лăпланса ларасси пирĕн йăлара пулмалла мар. Пирĕн ĕç тухăçлăхне кунтан-кун ÿстерсе пырса, паха продукци туса кăларас пулать. Пĕлетĕн вĕт, пирĕн çĕршывра коммунизмăн аслă стройкисене тăваççĕ. Хастарлă строительсем пек ĕçлеме тăрăшмалла.

Паллă стахановкăн витĕмлĕ сăмахĕ работница чĕрине кĕрсе вырнаçать. Кашниех паянхи ĕçе ĕнерхинчен лайăхрах тума, пархатарлă ĕçпе Тăван çĕршыв вăй-хăватне тĕреклетме тăрăшать.

Чăлха çыхакан Алефтина Рябина нормăна яланах ирттерсе тултарать. Çак кунсенче вăл уйрăмах хастарлă ĕçлет, ĕç тухăçлăхне ÿстерсех пырать.

— Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне мĕнле çитĕнÿсемпе кĕтсе илме хатĕрленетĕр?—тесе ыйтсан хастарлă работница çапла каларĕ:

— Сменăри нормăна эпĕ кунсерен 140—145 процент тултарса пынă. Юлашки кунсенче ĕç тухăçлăхĕ ÿссе пынине туятăп: нормăна 150—155 процентран кая тултарман.

Е. Вулих юлташ çинчен фабрикăра ăшă кăмăлпа калаçаççĕ. Сменăри нормăна 180—190-шар процент тултарса пырасси стахановка йăлине кĕнĕ.

К. Ишмуратова стахановка фабрикăна Елчĕк районĕнчен килнĕ. Вăл чунтан тăрăшса ĕçлеме тытăннă, часах стахановка пулса тăнă. Ишмуратова сменăри задание кулленех 120—225 процент тултарса пырать. Ксения Ишмуратовăна пысăк чыс тунă: кăçалхи февралĕн 22-мĕшĕнче Шупашкар хула Советне депутата суйланă.

Стахановла ĕçлекен работницăсем Шупашкарти чăлха фабрикинче татăх та нумай. Социализмлă ăмăртура çĕнĕ стахановецсем, новаторсем палăрса пыраççĕ. Стахановла ĕçлени, паха продукци туса кăларни Тăван çĕршывăн вăй-хăватне ÿстерме, мир ĕçне тĕреклетме пулăшнине кашни рабочи ăнланать. Çакăн пек ырă шухăш-ĕмĕтпе ĕçлеççĕ те ĕнтĕ чăлха фабрикинчи рабочисем.

**А. ЖИРНОВ.**

# Ĕçсыннисем валли — паха продукци

Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ хăватлă техникăпа хĕçпăшалланнă. Вăрçă хыççăнхи çулсенче рабочисен, инженерсемпе техниксен пултарулăхĕпе пуçарулăхĕ, ăсталăхĕ нумай ÿсрĕ. Ăна пула комбинат 1952 çулта, 1951 çулхипе танлаштарсан, пĕрремĕш сорт продукци ытларах туса кăларчĕ. Ку—паха тĕслĕх. Анчах комбинат ĕçĕсенче пысăк çитменлĕхсем пур-ха.

Нумай цехсенче производство культури çÿлти пусăмра тăмасть. Паха продукци туса кăларасси предприятисем пĕр тикĕс ĕçленинчен килнине пурте пĕлеççĕ. Апла пулин те комбинатра штурмовщинăна пĕтермен.

Чăн та, комбинат ĕçĕнче йывăрлăхсем сахал мар. Чĕртавар (йывăç) тата материалсем вăхăтра кÿрсе килменни пысăк чăрмав кÿрет. Çĕмĕрле вăрманпромхозĕ йывăç çителĕксĕр тăрататъ. Анчах продукци пахалăхне лайăхлатасси пуринчен ытла комбинатри ĕçсенчен килет. Цех начальникĕ Иванов юлташпа технорук Васильев юлташ тăрăшманнипе пула, сушилка ытти цехсене час-часах лайăх типсе çитмен, çуркаланнă, кукăрăлнă детальсем тăрататъ.

Хăшпĕр мастерсемпе контролерсем ĕçре ответлăх туймаççĕ. Февралĕн 10-мĕшĕнче пиллĕкмĕш цехра Романова мастер ертсе пыракан сменăра паха мар 11 шкаф пухса хатĕрленĕ. Ананьева тата Лапина контролерсем çак çитменлĕхе асăрхаман.

Цех начальникĕсем чылайăшĕ технологи процесне пăснине хирĕç кĕрешмеççĕ, продукци пахалăхне лайăхлатмалли майсемпе усă курма тăрăшмаççĕ. Хăшпĕр цехсенче станоксемпе инструментсем юсавлă мар. Ăна пула продукци пахалăхĕ чакать. Завкомпа цехкомсем тата инженерсемпе техниксем малта пыракансен опытне пĕтĕçтерсе сарма, рабочисен техникăллă пĕлĕвне ÿстерме тăрăшмаççĕ.

Продукци пахалăхне лайăхлатасси — пĕтĕм коллектив тивĕçĕ. Брак витринисем туни, производствăллă канашлусем, техника ыйтăвĕсем тăрăх конференцисем тăтăшах ирттерни, критикăпа самокритикăна вăйлатни, пысăк пахалăхлă продукци çеç туса кăларакан бригадăсем организацилени, йывăр ĕçсене механизацилени, ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăшакан хатĕрсем туни—çаксем вĕсем пурте продукци пахалăхне лайăхлатмалли майсем пулаççĕ. Уйрăмах инженерсемпе техниксен творчествăллă пултарулăхне ÿстерсе пыни, наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе, çĕршыври малта пыракан коллективсемпе стахановецсен опычĕпе анлă усă курни кирлĕ.

**А. ЛЕГОТИН,**
Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕн техникăллă контроль пайĕн начальникĕн ĕçне туса тăраканĕ.

# Творчествăллă организацисенче критикăпа самокритикăна вăйлатмалла

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ литературăпа искусствăра ĕçлекенсем умне пысăк та ответлă задачăсем лартрĕ. Совет писателĕсен, художниксен, композиторсен, театрпа кино деятелĕсен хăйсен произведенийĕсемпе пирĕн партие ĕçсыннисене коммунизмла воспитани парас ĕçре пулăшмалла, совет çыннисене Ленинпа Сталинăн чаплă идейисене пурнăçлассишĕн хастарлăн кĕрешме хавхалантармалла. Литературăпа искусствăра ĕçлекенсен халăха идея тĕлĕшĕнчен тарăн, илемлĕх енчен çÿлĕ пусăмра тăракан произведенисем памалла, çав произведенисенче хамăрăн çĕршыври вĕресе тăракан пурнăçа тĕрĕс кăтартмалла, пуриншĕн те пример пулма пултаракан çынсен паха сăнарĕсене ÿкерсе памалла. Кунпа пĕрлех, çĕршыври ÿсĕмсене, совет обществи пурнăçĕн пур паха енĕсене те туллин сутатса панипе пĕр вăхăтрах, пирĕн писательсемпе художниксен хăйсен произведенийĕсенче пирĕн ĕçре пăлăракан кăлтăксене, çитменлĕхсене, пăсăк явленисене хăюллăн питлемелле, пире малалла кайма кансĕрлекен кивĕ тĕнче юлашкийĕсене, сисĕмлĕхе çухатнă çынсене тăрă шыв çине кăлармалла.

Совет литературипе искусствинче ĕçлекенсем юлашки çулсенче пысăк çитĕнÿсем турĕç. Пирĕн чăваш литературипе искусстви те аталансах пыраççĕ. Писательсен хăшпĕр кĕнекисем, вырăсла пичетленсе тухса, пĕтĕм Совет Союзĕпех сарăлчĕç. Ф. Лукин композитор хăйĕн паха юррисемпĕн Сталинла премин лауреачĕн хисеплĕ ятне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Анчах та çав çитĕнÿсене пĕртте çителĕклĕ теме çук. Пирĕн нумай произведенисен идейăпа художествăллă пахалăхĕ начар-ха, вĕсем халăх ыйтнисене тивĕçтерме пултараймаççĕ. Журналсенче час-часах питĕ шупка калавсемпе сăвăсем пичетленеççĕ. Чăваш совет художникĕсен союзĕ ирттерекен выставкăсенче эпир çулленех туса çитермен картинăсене, пуринчен ытларах эскизсене кăна куратпăр. Композиторсем юлашки вăхăтра çырнă произведенисем хушшинче сÿрĕк те кичем юрăсем сахал мар.

Çакна та палăртма тивĕçлĕ: пирĕн литературăпа искусствăра ĕçлекенсенчен чылайăшĕ юлашки вăхăтра хăйсем малтан тунă çитĕнÿсемпе лăпланса ларчĕç, çĕнĕ произведенисем сахал çырчĕç. Писательсенчен хăшпĕрисем пуринчен ытларах ĕлĕкхи произведенисене «çĕнетсе» пурăнчĕç. Пĕлтĕрпе кăçал тухнă калавсемпе сăвăсен сборникĕсенче çĕнĕ произведенисем сайра тĕл пулаççĕ. Художниксем 10—15 çул каялла тунă эскизсене унтан-кунтан сăрлакаласа выставкăсенче кăтартма пикенеççĕ. Композиторсем паянхи пурнăçа мухтавлакан произведенисем сахал çырнă пирки пирĕн ансамбльсем тек-текех кивĕ юрăсене юрлаççĕ.

Пирĕн писательсен, художниксен, композиторсен совет обществин пурнăçне тĕплĕн вĕренсе, хамăр аслă халăха тивĕçлĕ пысăк произведенисем памалла. Çак задачăна ĕçри çитменлĕхсене куллен пĕтерсе пырсан çеç пурнăçлама пулать.

Литературăпа искусствăна малалла ăнăçлăн аталантарма май паракан тĕп условисенчен пĕри — пирĕн творчествăллă организацисенче критикăпа самокритикăна пур енчен те вăйлатса ина пулса тăрать.

«Эпир хамăр художниксемпе литераторсен ĕçĕнчи халтурăна хирĕç татăклă кĕрешсе пырсан çеç, литературăпа искусство произведенийĕсенчен суя та çĕрĕк шухăшсене ним шеллемесĕр тăпăлтарса ывăтсан çеç литературăпа искусство работникĕсем умĕнче тăракан пысăк та пархатарлă задача ăнăçлăн пурнăçа кĕме пултарать»,—терĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче.

Çак кăтартăва искусство работникĕсен пурин те, творчествăллă организацисене ертсе пыракансен те яланах асра тытмалла. Анчах халлĕхе творчествăллă организацисенче ĕçри çитменлĕхсене ытла та хăюсăр, пĕр-пĕрне кÿрентерсĕрен шиклене критиклеççĕ, хăш чух вуçех те юрăхсăр, халтурăллă произведенисем пирки те нимĕн те шарламаççĕ. Тепĕр чух тата, произведенисене тĕплĕн тишкерсе вĕсен çитменлĕхĕсене тÿррĕн кăтартса парас, произведение аванлатма пулăшас вырăнне, ăна сасартăк ырласа хураççĕ, çакă вара сиен кăна кÿрет. Сăлтавсăр мухтанине пула хăшпĕр авторсем хăйсене мăнна хума пуçлаççĕ, творчество енĕпе ÿсме чарăнаççĕ.

Парти искусство работникĕсене пурне те хăйсен ăсталăхне тăтăшах ÿстерме, хăйсен творчествин идейăллă-художествăллă шайне хăпартса пыма чĕнет. Çак задачăна пурнăçлас ĕçре принциплă критикăпа самокритика чи вăйлă хĕçпăшал пулмалла.

Пичетленсе тухакан кашни çĕнĕ кĕнекене, журналсенчи произведенисене пурне те тĕплĕн тишкĕрме кирли çинчен писательсен союзĕнче калаçу нумай пулнă, ун пирки решенисем те сахал мар йышăннă, çапах та литература критики паян кун та çав тери кая юлса пырать. Пĕр вăхăтра писательсен союзĕнче критика секцийĕ те тунă, анчах вăл пĕрре пухăнмасăрах саланса кайнă. Унтан критиксене жанрсем тăрăх ытти секцисем çумне çирĕплетнĕ — ĕç пурĕ пĕр вырăнтан хускалман. Паян кун та çĕнĕ произведенисене лайăххăн тишкĕрни, вĕсене сÿтсе явни çук. Журналсенче критикăллă статьясем сахал тухаççĕ, тухнисенче те час-часах произведенисен содержанийĕ çинчен каласа кăна параççĕ. Ун пек статьясем писательсене те, вулакансене те усă сахал кÿреççĕ.

Литература критикине вăйлатас тĕлĕшпе писательсен правленийĕ нимĕн те тумасть. Ку ĕç валли творчествăллă вăйсене мобилизацилемест.

Ытти творчествăллă организацисенче ку тĕлĕшпе ĕçсем тата начартарах. Музыка, живопись, графика пирки тĕплĕ анализ тăвакан статьясем пулманпа пĕрех. Нихăш организацире те художествăллă творчество ыйтăвĕсем, теорилле проблемăсем тăрăх дискуссисем пачах та ирттермеççĕ. Кун пек дискуссисем питĕ кирлĕ, вĕсем пысăк усă пама пултараççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ литературăпа искусство тĕлĕшĕпе çав тери пысăк кăтартусем парса хăварнă хыççăн творчествăллă организацисенче сÿтсе явмалли ыйтусем нумай, анчах çав организацисен руководителĕсем вĕсем çинчен шутламаççĕ.

Театр критики те питĕ вăйсăр-ха. Спектакльсем пирки рецензисем сахал пулаççĕ. Специалист мар çынсем çырнипе, вĕсем те рецензисенче пьесăсен содержанине çеç каласа параççĕ, театр коллективĕн ĕçне кирлĕ пек анализ туса хаклаймаççĕ.

Критикăпа самокритика — ĕçри çитменлĕхсемпе йăнăшсене палăртма, вĕсене тÿрлетсе пыма, çĕнĕ çитĕнÿсем тума пулăшакан шанчăклă хĕçпăшал. Критикăпа самокритикăна сарса пымасăр пур ĕçре те — вăл шутрах творчествăллă организацисен ĕçĕнче те—малалла ăнăçлăн пыма çук. Ку пуриншĕн те паллă. Çавăнпа та, литературăпа искусствăна çÿлтен çÿле çĕклесе пыма, халăха çĕнĕрен те çĕнĕ, паха произведенисем пама, творчествăллă организацисенче принциплă критикăпа самокритикăна куллен аталантармалла.

# Хĕрарăмсен ĕçри хастарлăхĕ

Совет влаçĕ, хĕрарăмсене ĕмĕрхи асаплă пурнăçран хăтарса, арçынсемпе пĕр тан правăсем пачĕ. Совет çĕршывĕнчи хĕрарăмсем телейлĕ те савăнăçлă пурăнаççĕ. Вĕсем обществăллă ĕçре те, производствăра та активлă ĕçлеççĕ.

Советски районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçалхи февралĕн 22-мĕшĕнче пулса иртнĕ суйлавра виçĕ хĕрарăма ял Советне, пĕр хĕрарăма район Советне депутата суйласа хăварчĕç. 1950 çулта вырăнти Советсене суйланă депутат-хĕрарăмсем суйлавçăсен наказĕсене тÿрĕ кăмăлпа пурнăçласа пычĕç. Район Советне суйланă депутат Л. К. Степанова 1951 çултан пуçласа районти план комиссийĕн председателĕ тата райисполком председателĕн заместителĕ пулса ĕçлет.

Кăçал ял Советне суйланă депутатсем шутĕнче ял Совет председателĕ П. Андреева, налог агенчĕ Г. Петрова, Тури Ачакри çичĕ çул вĕренмелли шкулти учительница З. Платонова пур.

П. Андреева ертсе пыракан ял Совечĕ районта малта пыракан ял Совечĕсенчен пĕри шутланать. Ку ял Советне кĕрекен Буденный ячĕпе тăракан колхоз государство умĕнчи парăмсене вăхăтра парса татать. Иртнĕ çулта самообложени укçипе чылай ĕçсем туса ирттернĕ. Пилĕк çĕл тунă, мăн çул çинчи пысăк кĕпере юсаттарнă, шкул, клуб, фельдшер пункчĕ, ял Совечĕ валли вутă çителĕклĕ хатĕрленĕ.

Ял Совечĕ финанс планне кашни кварталтах ирттерсе тултарать. Ку тĕлĕшпе Г. Петрова юлташ тăрăшса ĕçлет. Учительница З. Платонова ачасене çирĕп пĕлÿ парассишĕн тăрăшса ĕçлет. Вăл вĕрентекен предметсемпе ачасем яланах ĕлкĕрсе пыраççĕ. З. Платонова ĕçсыннисем хушшинче государство умĕнчи парăмсене вăхăтра парса татнин пĕлтерĕшĕ çинчен ăнлантарса парать. Кунпа пĕрлех вăл, ялти лектори членĕ пулса, колхозниксене час-часах лекцисем вуласа парать.

Буденный ячĕпе тăракан колхозра — хĕрарăмсем пысăк вăй. Артельти ĕçлеме пултаракан çынсенчен чылайăшĕ хĕрарăмсем. Вĕсем колхозра тăрăшса ĕçлеççĕ. Уй-хир бригадинче ĕçлекен Л. Иванова, Ю. Степанова, Н. Николаева, О. Андреева, Н. Тимофеева тата ыттисем те пур ĕçре те лайăх тĕслĕх кăтартса пыраççĕ.

Анна Громова ертсе пыракан сад-пахча бригади пĕлтĕр помидор, купăста, кишĕр, хăяр, хăмла çырли нумай пухса илчĕ. Колхоз сад-пахчаран пысăк тупăш илчĕ.

Колхоз фермисенче пуринче те хĕрарăмсем ĕçлеççĕ. А. Андреева, Х. Фоланина тата И. Волкова юлташсем лаша пăхаççĕ. Вĕсем пăхакан лашасем яланах сывă та чăтăмлă. Ф. Григорьева, А. Тихонова тата А. Филиппова юлташсем сысна фермине ĕçлеççĕ, хăйсен ĕçне юратса туса пыраççĕ. А. Перцовăпа Т. Афанасьева юлташсем — колхозри кладовщиксем. Халĕ вĕсем вăрлăххăх тырра çуракине аван кăларассишĕн тимлеççĕ. Ф. Шоркина 6 çул хушши колхоз счетовочĕ пулса ĕçлет.

Колхозра 45 хĕрарăма «1941—1945 çулсенчи Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче хастарлă ĕçленĕшĕн» медальпе наградăланă.

Çапла пурăнаççĕ телейлĕ те савăнăçлă колхозлă ялти хĕрарăмсем. Вĕсем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă пурнăçлама, партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне лартнă задачăсене пурнăçа кĕртме, социализмлă ялхуçалăхне малалла аталантарма пĕтĕм вăйя хурса кĕрешеççĕ.

**Г. МУРЗЕЕВ.**

# Вьетнам халăхĕ ирĕклĕхшĕн кĕрешет

Империализмăн колониллĕ системи хавшасах пырать. Азири тата Лăпкă океан патĕнчи çĕршывсенче пурăнакан халăхсем, империализм пусмăрне хирĕç кĕрешĕве çĕкленсе, колонизаторсене хытă пыра-пыра çапаççĕ.

Г. М. Маленков юлташ КПСС XIX-мĕш съезĕнче тунă докладра, тĕнчери лару-тăру ыйтăвĕсене пăхса тухса, çапла каларĕ: «Фашистла Германипе империалистла Японие аркатса тăкни Китайра, Корейăра, Вьетнамра империализм фронтне татма, çав çурма колони тата колони пулнă çĕршывсенче халăх республикисем туса хума тÿрех май пачĕ».

Çав çĕршывсенчи революциллĕ вăйсен малти ретĕнче пролетариат пырать, пролетариата хăйне тата мĕнпур революциллĕ вăйсене пролетариатăн авангарчĕ — марксизм-ленинизм партийĕсем ертсе пыраççĕ. Çавна кура империалистсем уйрăмах хытă тарăхаççĕ. Вĕсем Китай Халăх Республикине хупăрласа илесшĕн, Китайăн ĕмĕрхи территорине — Тайван утравне тытса илчĕç, Корея халăхне тата Демократиллĕ Вьетнам Республикине хирĕç вăрă-хурахла вăрçă вăрçаççĕ.

* * *

Демократиллĕ Вьетнам Республики Индо-Китай çурутравĕн кăнтăр енчи пайĕнче. Унăн территорийĕ Китай чиккисем патĕнче пуçланать те Кăнтăр-Китай тинĕсĕ хĕрринчи Камо сăмсахĕ патне çитиччен пырать. Республика территорийĕ 350 пин тăваткал километра яхăн, унта пурăнакан халăх 22 миллион çынна яхăн шутланать. Вьетнам республикин территорийĕнче çĕр кăмрăкĕ, тимĕр руди, цинк, марганец, тĕслĕ металсем нумай. Ялхуçалăх культурисенчен рис, каучук, чей, кофе пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

Администраци тĕлĕшĕнчен республика территорине виçĕ пая уйăрнă, вĕсем — Бакбо е Çурçĕр Вьетнам (Тэнкин), Трунбо е Центральнăй Вьетнам (Аннам) тата Намбо е Кăнтăр Вьетнам (Кохинхина). Çав çĕршывсене иртнĕ ĕмĕр варринче Франци колонизаторĕсем тытса илнĕ, «Франци Индо-Китайĕ» кĕртнĕ.

Колонизаторсем 100 çула яхăн хуçаланса, Вьетнама Франци валли ялхуçалăх продукчĕсемпе чĕртавар илмелли çĕршыв туса хунă. Франци капиталисчĕсене пысăк услам илме май паракан промышленность отраслĕсене çеç аталантарнă. Вьетнамри халăх массисем выçăпа асапланса пурăннă, чир-чĕрпе вилсе пĕтнĕ, халăха капиталистсем калама çук хытă эксплуатациленĕ. Çĕршывра пурăнакан çынсенчен 90 проценчĕ ялхуçалăхĕнче ĕçленĕ, анчах ялхуçалăхĕ питĕ кая юлнă. Чи лайăх çĕрсем (акмалли çĕрĕн 25 проценчĕ яхăн) колонизаторсемпе помещиксен аллинче тăнă, вĕсем çĕре хаклă хакпа тара панă.

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă вăхăтĕнче Индо-Китая Япони империалисчĕсем тытса илнĕ. Вьетнам халăхĕ Япони агрессорĕсене хирĕç, ирĕклĕхпе никама пăхăнманлăхшăн хăватлă кĕрешнĕ. Çĕршыври мĕнпур революциллĕ вăйсем массăллă организацие — Вьетнам ирĕклĕхĕшĕн кĕрешмелли лигăна пĕрлешнĕ. Çав организацие коммунистсем, вĕсен руководителĕ—Индо-Китайри Компарти çулпуçĕ, республикăн хальхи президенчĕ Хо Ши Мин ертсе пынă.

Япони хирĕç вăрçа Совет Союзĕ хутшăннă. Японин хĕçпăшаллă вăйĕсене çĕмĕрсе пыма тытăннă хыççăн, Вьетнам халăхĕшĕн ют çĕршыв захватчикĕсене хирĕç ăнăçлă кĕрешме лайăх услови пулса тăнă. 1945 çулхи сентябрьте халăхăн çĕнтерÿллĕ восстанийĕ пулнă. Вара демократиллĕ Вьетнам республикине туса хунă, вăл никама пăхăнмасăр пурăнасси çинчен калакан деклараци пичетлесе кăларнă.

Франци империалисчĕсем, США тата Англи пулăшнипе, хăйсен çарĕсене Сайгона илсе пырса, çамрăк халăх республикине хирĕç вăрçă пуçласа янă. Анчах Вьетнам халăхне çăмăллăн çĕнтерме май çукки паларнă. Вара Франци правительстви, çамрăк республикăна урăх майпа çĕнтерес тесе, Вьетнам республикипе калаçусем иртерме тытăннă. Ун чухне тунă килĕшÿ тăрăх, Франци çакна йышăннă: Вьетнам (Аннам тата Тонкин) никама пăхăнман государство пулса, Франци союзне кĕрет, тенĕ. Ку вăл империалистсен маневрĕ пулнă. Калаçусем пынă вăхăтрах Франци, Америка империализмĕ активлă хутшăннипе, килĕшĕве пăсса, Вьетнам республикине хирĕç пысăк вăрçă пуçарса янă. Çав вăрçă ĕнтĕ сакăр çул хушши пырать.

Кĕтмен çĕртен тапăннă май Франци империалисчĕсем малтанхи вăхăтра вăрçăра хăшпĕр ăнăçусем тума пултарнă. Вĕсем республикăн чылай пысăк территорине тата унăн вăхăтлăх столицине Ханой хулине тытса илнĕ. Франци çарĕсен çар техники нумай. Ăна США нумай парса тăрать. Вăл Франци çарĕсене тытса тăма вунщар тата çĕрщер миллион доллар укçа, самолетсем, танксем, бронемашинăсем тата авианосецсем панă. Вăрçă ĕçĕсене анлăн сарса янисĕр пуçне, агрессорсем Вьетнам халăхне хирĕç тата тепĕр усал ĕç тунă. Вĕсем халăх Аннамран хăваласа кăларса янă Бао-Дай «императора» тупса, ăна пуçлăха лартса, пукане правительство туса хунă. Империалистсем çакăн хыççăн халăх кĕрешме чарăнĕ тесе шутланă, анчах вĕсем халăха улталаймаç. Вьетнам халăхне сутакан Бао-Дай хăйне Франци çарĕ сыхланипе çеç тытăнса тăрать.

Вьетнам халăхĕ, çĕршыври прогрессивлă вăйсем ертсе пынипе, колонизаторсен питĕ лайăх хĕçпăшалланнă çарĕсене хирĕç кĕрешме вăй тупнă.



Демократиллĕ Вьетнам Республикин Халăх çарĕ тăван çĕршыв ирĕклĕхĕшĕн паттăр çапăçать. Халăх çарĕ çитĕнÿсем тунă май партизансен юхăмĕ те сарăлса пырать. Оккупантсем, баррикадăсемпе укрепленисем туса, Халăх çарĕпе партизансенчен çăлăнма хăтланаççĕ.

Çак фотоÿкерчĕке автомашина кабининче ларса пынă фотограф ÿкернĕ. Кабина кантăкне партизан персе янă пульă шăтарнă. Сылтăм енче дзот курăнать, ăна Фат Дием хулине кĕнĕ çĕрте туса лартнă. Дзот патĕнче патрульсем çÿреççĕ.

Ÿкерчĕк Францири «Пари-матч» журналта пичетленсе тухнă.

Вьетнамри паттăр халăх, алла хĕç тытса, хăй çине тапăнакан тăшмана хирĕç çапăçать, тепĕр аллине мăлатук тытса, çĕнĕ пурнăç тăвать. 1946 çулта Вьетнам республикин конституцине йышăннă. Çав конституци ĕççыннисене ĕç прави, вĕренмелли, канмалли тата демократиллĕ ирĕклĕхсемпе усă курмалли правăсем панă. Халăх правительстви ĕççыннисен пурнăçне çăмăллатмалли ĕçсем чылай туса иртернĕ. Иртнĕ вăхăтра кулаксем усă курнă çĕре ĕç хресченĕсене валеççе панă. Колонизаторсен тата тăшман патне тарнă помещиксен çĕрĕсене туртса илнĕ. Çĕр тара памалли хака йÿнетнĕ, услам илес шутпа укçа кивçен пама чарнă. Хресченсем государствăран пулăшу илсе тăраççĕ, вĕсене государство кивçен укçа, ялхуçалăх машинисем тата удобренисем парать. Япони захватчикĕсемпе Франци интервенчĕсем пăсса пĕтернĕ тырпула шăвармалли системăсене халĕ ĕнтĕ юсанă. Ялсенче кооператив организацийĕсем ÿссе пыраççĕ. Çакна май хресченсен пурнăçĕ чылай лайăхланнă, вĕсем халăх правительствипе Хо Ши Мин президент тавра тачă пĕтĕçнĕ.

Вьетнамри рабочи класс кĕрешÿре ÿссе тĕрекленнĕ. Вăл Вьетнамри ĕç конфедерацине пĕрлешнĕ, унăн ретĕнче 300 пин çын шутланать. Халăх правительстви йышăннă законсем тăрăх, рабочисен ĕç кунне йĕркеленĕ, вĕсене укçа тÿлесе отпуск параççĕ, чирленĕ вăхăтра пулăшаççĕ т. ыт. те. Халĕ ĕнтĕ республикăри кашни рабочи, Францие Америка колонизаторĕсем тытса илнĕ районсенчи рабочисен ĕç укçипе танлаштарсан, 5 хут пысăкрах ĕç укçи илет.

Рабочи класс правительство 1952 çулта йышăннă плана — производствăна ÿстермелли тата перекетлĕх режимне пурнăçламалли плана пурнăçлассишĕн пысăк хаваслăхпа ĕçлет. Кÿ план, Хо Ши Мин президент каланă тăрăх, тăшмансене хирĕç нумай вăхăт кĕрешме вăй пухмалли, контрнаступлени тума хатĕрленмелли тата кĕрешĕве çĕнтерÿ патне çитермелли план пулса тăрать. Вьетнам республикинче çĕнĕ предприятисем тăваççĕ, ишĕлтернĕ хуласемпе транспорта юсаççĕ. Хо Ши Мин президент чĕннипе, рабочисем патриотла ăмăрту пуçласа янă. 1952 çулхи апрель уйăхĕнче промышленноçра ăмăртăва хутшăнса ĕçлекенсен канашлăвĕ пулнă. Канашлура ăмăртура малта пыракансен опычĕ çинчен сÿтсе явнă. Малта пыракан 1.200 рабочие «чи лайăх ĕçлекен рабочи» ятне панă. Производствăри новаторсем рационализациллĕ сĕнÿсем 5 пин ытла панă.

Культура строительствинче те пигĕ пысăк ĕçсем туса иртернĕ. 1945 çулхи август уйăхĕнчен пуçласа халăха хутла вĕрентес ĕçе анлăн сарса янă (çĕршывра пурăнакан çынсенчен 90 проценчĕ хутла пĕлмен пулнă). 200 пине яхăн учитель 14 миллион çынна хутла вĕрентнĕ. Шкулсем нумай уçнă.

Çĕршывра революциллĕ вăйсем пролетариат тавра пĕтĕçсе пыраççĕ. 1946 çулта республикăра, Вьетнам ирĕклĕхĕшĕн кĕрешмелли лигăсăр пуçне, тепĕр массăллă организаци — Лиен Вьет) туса хунă. Вăл патриотла интеллигенцие, çавăн пекех тата вак буржуазие тата ыттисене те пĕрлештерсе тăрать. 1951 çулхи сурхунне, çав икĕ организаци пĕрлешсе, Вьетнамри Пĕрлешнĕ нации фрончĕ (Льен-Вьет) туса хунă. Çав вăхăт тĕлнелле Франци колонизаторĕсем пусмăрласа тăракан Лаоспа Камбоджире те халăхăн пĕрлĕхлĕ фронтне туса хунă. Кÿ фронта халăхăн пĕрлехи тăшманĕсене хирĕç — Францие Америка империализмне хирĕç кĕрешме тунă.

1951 çулхи февральте Вьетнамри ĕçлĕх партине (Лао-Донг) туса хунă, вăл хăйĕн ĕçĕсене марксизм-ленинизм принципĕсем тăрăх туса пырать. Çак партие туса хуни Вьетнам халăхĕн пурнăçĕнчи политикăллă пысăк событи пулнă.

Пролетариатпа унăн партийĕ ертсе пынипе Вьетнамăн ирĕке кăларнă районĕсенче те çавăн пек пысăк улшăнусем туса иртернĕ. Çавна май Вьетнам халăхĕ агрессорсене хирĕç кĕрешме вăй пухма пултарнă. Вăл хăйĕн тăшманĕсене хирĕç кĕрешесси вăйлансах пырать.

Вьетнамăн Халăх çарне захватчиксене хирĕç кĕрешес ĕçре пĕтĕм халăх пулăшса тăрать. Халăх çарĕ çапăçусенче пиçĕхсе тĕрекленнĕ. Тăшман тылĕнче çапăçакан партизансен отрячĕсем те тăшмана хирĕç çапăçса пысăк опыт пухнă. Партизансен отрячĕсем нумайланнă. Халĕ ĕнтĕ халăх çарĕ республика территорийĕн 90 процентне ирĕке кăларнă, унта 20 миллион çын пурăнать. Франци çарĕсем Вьетнам республикин çурçĕр енчи чиккине тытса илнĕ пулнă. Вьетнампа Китай хушшинчи çак чикĕ патĕнчен Франци çарĕсене хăваласа янă. Халăх çарĕ çакăн пек çитĕнÿсене Франци империалисчĕсем хытă тапăннине тата мирлĕ халăха хĕсĕрленине хирĕç кĕрешсе, США империалисчĕсем, Франци агрессорĕсене пулăшнипе чарăнмасăр, хăйсем те Вьетнам халăхне хирĕç вăрçа хутшăннине пăхмасăр, тума пултарнă. Вьетнама Америкăран çар советникĕсемпе инструкторĕсем çĕршерĕн пынă. Америкăран хĕçпăшал нумай пырса тăрать.

Индо-Китай тĕнчери жандарм пулса тăракан Америка империалисчĕсене Китай Халăх Республикине хирĕç вăрçăпа тапăнма кирлĕ. Вĕсене Вьетнам çĕршывĕнчи пуянлăх кирлĕ, вĕсем халех ĕнтĕ, Франци колонизаторĕсене хĕссе кăларса, Вьетнамри çутçанталăк пуянлăхĕсене хăйсен аллине çавăрса илеççĕ.

Франци колонизаторĕсем, калама çук хытă тарăхса, Вьетнамри нумай вырăнсенче мĕн пуррине пĕтĕмпех çунтара-çунтара яраççĕ. Франци çарĕсем напалмлă бомбăсем пăрахса ялсене, тырпула çунтарса яраççĕ, тырпула шăвармалли системăсене пăсаççĕ. Вĕсем Вьетнамри хресчене вĕлерни, Вьетнам салтакне вĕлерни пулать, тесе шутлаççĕ.

Вьетнам халăхĕ Ĕçлĕх партийĕ тавра, хăйĕн çулпуçĕ Хо Ши Мин тавра тачă пĕтĕçнĕ. Ăна нимĕнле вăй та ирĕклĕхшĕн кĕрешме чараймĕ. Франци оккупанчĕсен Вьетнамра 220 пин салтак тата офицер вилнĕ, 1952 çулхи кĕркунне Халăх çарĕ чылай пысăк çитĕнÿ тунă. Халăх çарĕн чаçĕсем, Черная река ятлă юханшыв урлă каçса, сылтăм çыранра тăшманăн оборонине татнă, Сон-Ла провинцине пĕтĕмпе пекех тата Лай-Чау провинцийĕнчи виçĕ района ирĕке кăларнă, тăшманăн салтакĕсемпе офицерĕсене 8.500 çын таран пĕтернĕ. Çакăн хыççăн Франци парламенчĕн депутачĕсем сехĕрленсех ÿкнĕ. Франци çарĕсем каярахпа, Фу-То çине атака туса, тавăрма хăтланнă. Вьетнам çарĕн коммуникацийĕсене татма шутланă. Анчах Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, халăх çарĕн командованийĕн представителĕ: çав наступлени авантюрăллă наступлени пулнă, вăл пĕтсе ларнă, тăшман пысăк сухатусем тÿснĕ, тесе пĕлтернĕ.

Вьетнам халăхĕ тĕрĕс ĕçшĕн кĕрешет. Унăн ĕçне прогрессивлă пĕтĕм этемлĕх кăмăллать, вăл шутрах Францири ĕççынисем те кăмăллаççĕ. Францие Америкăри империалистсем тем тĕрлĕ усал майсемпе кĕрешсен те Вьетнам халăхне чĕркуççи çине тăратаймĕç.

**И. ПАВЛОВ.**

## Чехословакире çĕнĕ комбинат тăваççĕ

ПРАГА, мартăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Тиссово хулинче (Соколовски çĕр кăмрăк бассейнĕн районĕ) пысăк комбинат тата брикет тăвакан пысăк завод лартма тытăннă.

Комбинат çумĕнче больница, театр, спорт площадкисем тата ыттисем те пулаççĕ.

Çĕнĕ комбинат план тăрăх иккĕмĕш пилĕкçуллăх вĕçĕнче ĕçе кĕмелле.

## ЧИЛИРИ ЗАБАСТОВКА

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед пресс агентствин корреспонденчĕ Сант-Ягоран (Чили) пĕлтернĕ тăрăх, Консепсьонри тата Аракори сăрт-ту промышленность центрĕсенче ĕç укçине ÿстерме ыйтса 30 пин шахтер забастовка тăвать.

# ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ

## *Политикăллă комитетра*

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Политикăллă комитетăн ĕнерхи кăнтăрлахи ларăвĕнче Корея ыйтăвĕ тăрăх Голландипе Перу представителĕсем тухса каланă.

Американ Корейăри агрессиллĕ ĕçĕсем тĕлĕшĕнчен пурне те паллă фактсене сĕмсĕррĕн пăсса кăтартса, Голланди представителĕ Корейăра вăрçă пынăшăн ответлăха Демократиллĕ Корея Халăх Республикипе Китай Халăх Республики правительствисем çине йăвантарма пăхнă, вĕсем «Инди резолюцийĕ» тенĕскерĕнче каланă сĕнÿсене йышăнман, тенĕ. Ĕнер СССР делегацийĕн пуçлăхĕ А. Я. Вышинский каланă сăмахан вăйне чакарас шутпа Голланди представителĕ: Совет делегацийĕ А. Я. Вышинский, сăмахĕпе «перемири тăвас пирки алăка хупса хучĕ», тенĕ. Çав вăхăтрах, пурне те паллă ĕнтĕ, Совет делегацийĕн пуçлăхĕ хăйĕн сăмахĕнче темиçе хутчен те çакна палăртнă: Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса памалли чăн-чăн тата çирĕп никĕс вăл—Совет Союзĕ сĕннĕ резолюци проектĕнче Корейăри вăрçă ĕçĕсене халех тата пĕтĕмпех тип çĕр çинче те, сывлăшра та, тинĕсре те чарса лартма тата Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса пама комисси туса хума сĕнни пулса тăрать.

Американа Англи блокĕ Корейăри вăрçа халех чарса лартасси çинчен Совет Союзĕ панă сĕнĕве мĕншĕн йышăнманнин чăн-чăн сăлтавĕ çинчен Перу представителĕ Белаунде каласа панă. Унăн сăмахĕ тăрăх, çак сĕнÿсене йышăнни вăл хĕвеланăçĕнчи çĕршывсенче «мирлĕ шухăш» сарма пултарать, ку вара «хĕвеланăçри цивилизацие вăйсăрлатать» пулать.

Çапла ĕнтĕ, Белаунде Америка блокĕн представителĕсен чăн-чăн шухăшĕсене тепĕр хут кăтартса панă. Вĕсем Корейăра вăрçă ĕçĕсене чарса лартма шутламаççĕ. Пачах урăхла, вĕсем мир туни капитализмлă çĕршывсемшĕн политикăпа экономика тĕлĕшĕнчен йывăрлăхсем кăларса тăратма пултарассинчен хăраççĕ.

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Политикăллă комитетăн паянхи ирхи ларăвĕнче Корея ыйтăвĕ тăрăх прениесем малалла пынă. Польша Халăх Республикин Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Скшешевский çапла каланă: Пĕрлешÿллĕ Штатсем ертсе пыракан хăшпĕр делегацисем Генеральнăй Ассамблея сессине Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса парас шухăшпа мар, Америкăри ертсе пыракан ушкăнсен планне, урăхла каласан, Корейăри вăрçă ĕçĕсене сармалли тата çĕнĕ тĕнче вăрçине хатĕрлесмелли плана хÿтĕлес тĕллевпе килнĕ. Иртнĕ эрнере прениесем пуçланнăранпа çакă паллă пулса тăчĕ.

Çакăнпа пĕрлех прениесем çакна та кăтартрĕç: Американ Корейăри агрессиллĕ ĕçĕсене чарса лартма кирлине ăнланасси ÿссе пырать. Çакна Демократиллĕ Корея Халăх Республикин представительне прениесене хутшăнма чĕнме Совет Союзĕн сĕнĕвĕ тăрăх сасăлани те кăтартса пачĕ. Сасăланă чухне пĕр миллиард çын ытла пурăнакан 22 государство представителĕсем сĕнĕве йышăнманни ăссăр ĕç пулать тесе йышăнчĕç. Мĕнпур çĕршывсенчи халăхсем мир туса хума ыйтни тĕрĕс пулнине ăнланса илнинчен хăранă пирки Пĕрлешÿллĕ Штатсем Корея ыйтăвне пур енчен те сÿтсе явассинчен пăрăнса юлма тăрăшаççĕ.

Китайпа Çурçĕр Корея «агрессийĕ» çинчен сăмах çаптарассине чарса лартма вăхăт çитнĕ, тенĕ Скшешевский. Унтан вăл «Инди резолюцийĕ» тенĕскерне йышăнман пирки «куççуль тăкакан» делегатсем икĕпитленнине сивленĕ. Ăна йышăнма çуккине вĕсем хăйсемех пĕлеççĕ.

Резолюци, тенĕ малалла Скшешевский, Пĕрлешÿллĕ Штатсем Корея халăхне хирĕç хăйсен хаяр агрессине аслăлатса пынине, тыткăна илнĕ çынсене тискеррĕн тыткаланине пытарса тăмалли витĕнчĕк пулнă, çак витĕнчĕке вĕсем вăтам ĕмĕрсемпе гитлеризм арсеналĕнчен туртса кăларнă. Вăл Пĕрлешÿллĕ Штатсем бактериллĕ вăрçă вăрçнине нумай фактсемпе çирĕплетсе панă. Пĕрлешÿллĕ Штатсем Ази халăхĕпе пĕтĕм тĕнчери халăха хăратас тĕллевпе Корея халăхне пĕтерсе лартма тăрăшаççĕ, тенĕ Скшешевский.

США-ри власра тăракан ушкăнсен политикне Америка халăхĕ ытларах та ытларах сивлет. Çакăн çинчен Шурă Çуртă, суйлав умĕн Эйзенхауэр Корейăри вăрçа чарса лартма сăмах панă май, Америка çарĕсене Корейăран чĕнсе илме ыйтса çырусем пыни çинчен нумаях пулмасть пĕлтерни каласа парать. Скшешевский çавăн пекех тата Корея вăрçи Пĕрлешÿллĕ Штатсенче хисепре тăманни вăйланнине кăтартса панă. Çакăн çинчен Америка çарĕсенчен тарса каякансем кунтан-кун нумайланни калать. Вăл малалла тата çакна палăртнă: çакă ÿссе пыракан хирĕçÿсенчен хăраса ÿкнĕ пирки вĕсем расистла политика йышăнаççĕ. Çав политика тăрăх, «азиатсен азиатсене хирĕç вăрçă вăрçмалла».

Скшешевский çапла каланă: Совет Союзĕ Корейăри вăрçă ĕçĕсене халех чарса лартма панă сĕнĕве Польша хытă хÿтĕлет.

Скшешевский хыççăн Куба представителĕ сăмах илнĕ. Ун хыççăн США делегачĕ Лодж каланă. Вăл Америка çарĕ Корейăра бактериллĕ вăрçă вăрçни çинчен калакан факта сирсе яма тăрăшнă.

Совет представителĕ В. А. Зорин, хăйĕн сăмахĕнче Лодж бактериллĕ вăрçă пирки калани çинчен чарăнса тăрса, çапла каланă: пурте пĕлеççĕ, Пĕрлешÿллĕ Штатсем çак ĕçе хĕçпăшалсăрланас енĕпе ĕçлекен комиссире «тĕпчесе пĕлме» чĕнеççĕ. Анчах ĕçпе нихăш енчен те сыхăнман çак факт вăл Пĕрлешÿллĕ Штатсем бактериллĕ вăрçă вăрçнине пытарса тăма пултараймасть. Пĕрлешÿллĕ Штатсем бактериллĕ вăрçа чарасси çинчен калакан Женевăри протоколсене те йышăнмаççĕ.

Тухса калас текенсем пулман пирки председатель Муниз Политикăллă комитетăн ларăвне тепĕр вăхăта хăварни çинчен пĕлтернĕ.

## Бирма çарĕсем Чан Кай-ши бандисене хирĕç наступлени пуçланă

ЛОНДОН, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви Кеси Мансамран (Çурçĕр Бирма) пĕлтернĕ тăрăх Бирма çарĕ Чан Кай-ши бандисене хирĕç пысăк наступлени пуçланă. Наступлени Бирма çĕршывĕн çурçĕр-хĕвелтухăçĕнчи, Китай чикки çывăхĕнчи Монг-Су княжествинче пырать. Унта 5.000 гоминдановеца хирĕç виçĕ енчен наступлени туса пыраççĕ.

Китай территорийĕнчен хăваласа кăларнă чанкайшистсем иртнĕ çул декабрь уйăхĕнче Монг-Су княжествине ярса илнĕ пулнă, унтан вĕсем княжество правительне хăваласа янă.

Çапăçăвăн малтанхи тапхăрĕнче Бирма çарĕсем 100 гоминдановеца вĕлернĕ тата 73 çынна амантнă.

Бирма çарĕн представителĕсем ĕнер çапла пĕлтернĕ: операци хĕвелтухăç еннелле те, хĕвеланăç еннелле те сарăлса пырать, фронт çурçĕрте Мыткьин патĕнчен пуçланса Бирма, Китай, Сиам, Индо-Китай чиккисем пĕрлешекен вырăн патне çитиччен 350 миля сарлакăш пулать.

ЛОНДОН, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви Рангунран çапла пĕлтерет: Бирма çарĕн представителĕсем пĕлтернĕ тăрăх, Чан Кай-ши «генералĕ» Ли Ми «Формоза утравĕ çинче çĕнĕрен пухса хатĕрленĕ» отрядсемпе Бирмăна пырса çитнĕ.

# Иранри лару-тăру

ТЕГЕРАН, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Империализма хирĕç кĕрешекен Иранри наци обществи ĕнер пĕтĕм Тегеран халăхне кăнтăрла иртсен 3 сехетре Бахаристан площадьне меджлис çуртĕ умне митинга пыма чĕннĕ. Анчах та полиципе çар влаçĕсем ĕнер ирхине ирех Бахаристан площадьне йышăнса илнĕ, тĕп урамсене тата урам кĕтессисене пулеметсемпе хĕçпăшалланнă салтаксене тиенĕ грузовиксем вырнаçтарса тухнă, Бахаристан площадьне пымалли çулсене пÿлсе лартнă. Çакăн пирки митинг пулайман. Апла пулсан та ĕнер Тегеранра кĕске вăхăтлăх митингсем пулса иртнĕ. Митингсенчен демонстрацисем пулса тăнă. Ораторсем империализма хирĕç кĕрешекен наци обществи халăха мартăн 1-мĕшĕнче чĕнсе каланă лозунгсем тăрăх тухса каланă. Вăл лозунгсем шахпа унăн çыннисене хирĕç пыраççĕ. Уйрăммăн илсен çакăн пек лозунгсем пулнă: «Мĕнпур сутăнчăксене тата 1952 çулхи июлĕн 21-мĕшĕнчи кавара хутшăннă çынсене тата хальхи кавара хутшăннă çынсене сула парса айăплamalla, шах нацие хирĕçле ĕçсем тунине пĕтерсе лартмалла!», «Нефть çинчен тăракан ыйту пирки Англи тата Америка империалисчĕсемпе калаçу иртерме чарăнмалла, вĕсем çĕршывăн шалти ĕçĕсене хутшăннине пĕтерсе лартмалла!», «Пĕтĕм çĕршывра демократиллĕ ирĕклĕх туса хумалла, вăрçă чухнехи пек йĕркене пĕтермелле!», «Америка шпионĕсене хăваласа ямалла, çĕршыври мĕнпур шпионла организацисене ĕçлеме чарса лартмалла!»

Хăшпĕр вырăнсенче полици пăшалсенчен пенĕ. «Дад» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнерхи демонстрацисем вăхăтĕнче 50 çынна амантнă, 150 çынна арестленĕ.

Тегеран хаçачĕсем пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер меджлис ларăвĕнче Мосаддык правительствине шанасси çинчен тăракан ыйтăва сасăламалла пулнă. Анчах та ирхине депутатсене меджлис председателĕ Кашани хушнипе ларăва тепĕр вăхăта хăварни çинчен пĕлтернĕ.

Тегеранра лăпкă. Суту-илÿ предприятийĕсем ĕçлеме пуçланă.

ТЕГЕРАН, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Мартăн 3-мĕшĕнче каçхине тухнă хаçатсем çырнă тăрăх, юлашки икĕ кун хушшинче правительство министр пулнă Джемалие, Эмами Форухара, генералсене—Шахбахтие, Гилян-шаха, Мозение, Амир Аслание, темиçе полковникпа майора, «Ария» партийĕн лидерне Сепехра, «Дад» хаçат редакторне Амили Нурие, «Сиасат» хаçат редакторне Мобазние, «Седае Ватан» хаçат редакторне Бешарата т. ыт. паллă деятельсене арестленĕ.

Полиципе çар губернаторствин влаçĕсем шаха хирĕçлесе иртернĕ демонстрацисемпе митингсенче пулнисене нумайăшне арестленĕ.

## Болгари Турци пусмăрĕнчен ирĕке тухнăранпа 75 çул тултарни

СОФИЯ, мартăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Болгари халăхĕ Турци пусмăрĕнчен ирĕке тухнăранпа 75 çул тултарнине уявлать. Хаçатсем Болгари историйĕнчи çакă паллă куна анлăн палăртаççĕ.

«Работническо дело» хаçат умстатьяра çапла çырать: пирĕн çĕршыври ĕççыннисем çапăçура вилнĕ вырăс воинĕсемпе Болгари революционерĕсен таса ятне хисеплесе асăнаççĕ. Вĕсем хăйсен пурнăçне парса пирĕн халăха тăван çĕр çинче ирĕклĕ пурăнма, нациллĕ государство тытса тăма таса право кĕрешсе илнĕ. Пĕрле юхтарнă юн вырăс халăхĕпе Болгари халăхĕ хушшинчи тăванла çирĕп туслăха тĕреклетрĕ. «Пирĕн тăван çĕршыв халĕ пысăк утăмсемпе социализм çулĕпе пырать тата мирлĕ пурăнать пулсан,—тесе çырать юлашкинчен хаçат,—çакăншăн эпир Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи çирĕп туслăха тата тăван Сталина тав тума тивĕçлĕ».

Болгари халăхĕ, тесе çырать «Отечествен фронт» хаçат, вырăс геройĕсен ятне хисеплесе, капитализмлă чуралăхран ирĕке кăларнăшăн пĕтĕм халăх ячĕпе Совет Союзне, аслă Сталина тав тăвать. Совет Союзĕпе аслă Сталин пире социализм çулĕпе, телей патне пымалли çулпа аталанма май пачĕç.

«Труд» хаçат «Ирĕке кăларнă тăвансем» ятлă статьяра çапла çырать: Болгари рабочи класĕшĕн, ĕççынни хресченĕсемшĕн, халăх интеллигенцийĕшĕн патриотла чи пысăк тивĕç вăл—Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăха куç шăрçине сыхланă пек сыхласси, çак туслăха пĕтĕм вăйран аслăлатса, тĕреклетсе пырасси пулать.

СОФИЯ, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Вырăс çарĕсем Болгарие Турци пусмăрĕнчен ирĕке кăларнăранпа 75 çул тултарнă май ĕнер, Крыстю Сарафов ячĕпе тăракан театрта савăнăçлă пуху пулнă.

Болгарие ирĕке кăларнăранпа 75 çул тултарни çинчен Болгарири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Енчо Стайков доклад тунă.

## Ирĕклĕ Триест Территорийĕнчи компартин съезчĕ хупăннă

РИМ, мартăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Мартăн 1-мĕшĕнче Ирĕклĕ Триест Территорийĕнчи компартин тăваттăмĕш съезчĕ хăйĕн ĕçĕсене вĕçленĕ. Съезд Центральнăй Комитетăн çĕнĕ составне суйланă тата резолюци йышăннă. Резолюцире çапла калана: Ирĕклĕ Триест Территорийĕнчи коммунистсем Триестран Америка империалисчĕсемпе Тито бандисене çар бази туса хума чарса лартассишĕн кĕрешĕве тата ытларах вăйлатĕç.

## Япони общественноçĕ Иосидăна отставкăна кăларасшăн

ШАНХАЙ, мартăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Япони парламенчĕ премьер-министр Иосидăна шанманнипе танах шутланакан резолюци йышăннă май Японире нумай калаçаççĕ.

Прогрессивлă партин генеральнăй секретарĕ Кийосе хăйĕн заявленийĕнче: Иосидăн отставкăна тухмалла, тенĕ. «Иосида,—тенĕ заявленире,—парламента кÿрентерекен ĕçсем тăвать».

Сулахай социалистсен партийĕн председателĕ Судзуки çапла каланă: премьер-министр Иосида ĕçĕ çинчен ыйтăва дисциплинарнăй комиссие пама резолюци йышăнасси вăл «Иосида сĕмсĕр сăмах каланă пирки кăна мар, Иосида кабинечĕ нумай вăхăт хушши тулашри политика енĕпе США умĕнче пуç тайса тăрас политика, çĕршывра ытла та реакциллĕ политика тытса пынинчен килнĕ. Премьер-министр çинчен ыйтăва дисциплинарнăй комиссие памалла туни вăл—Иосида кабинечĕ банкрота тухнине пĕлтерет».

«Асахи» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Японири профсоюзсен генеральнăй совечĕн руководстви заявлени пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă: парламент премьер-министр Иосида пирки йышăннă резолюци вăл—халăх Иосида кабинечĕ тытса пыракан политикăна хирĕç кĕрешнин результачĕ пулса тăрать.

## Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн пĕрремĕш сессине пухасси çинчен

Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн депутачĕсене çакăн çинчен пĕлтеретпĕр: 1953 çулхи мартăн 10-мĕшĕнче, ытларикун, каçхине 19 сехетре, ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн (тăваттăмĕш созыври) пĕрремĕш сессийĕ пухăнать.

Сесси ларăвĕ Советсен çуртĕн пысăк залĕнче (Ленинградски урам, 42-мĕш çурт) пулать.

**ĔÇÇЫННИ ДЕПУТАЧĔСЕН ШУПАШКАР ХУЛА СОВЕЧĔН ИСПОЛКОМĔ.**

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ял хуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01026 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.